ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 30
ЭРНЕКУН
№ 212 (9121)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

**Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем! Рабочи класпа колхоз хресченĕсен никам çĕмĕрейми çирĕп союзне, пирĕн çĕршыври халăхсен тăванла туслăхне çирĕплетсе пырăр! Нумай нациллĕ аслă Совет государствин пĕрлĕхне ывăнма пĕлмесĕр çирĕплетсе пырăр, пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн хăватне ÿстерсе пырăр!**

*(КПСС Центральнăй Комитечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа чĕнсе каланисенчен).*

## Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе татăклăн вăйлатмалла

Хаçатсенче СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Куллен кирлĕ промышленность таварĕсем туса кăларассине ÿстересси тата вĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен» йышăннă постановление пичетлесе кăларнă. Çак постановлени партипе правительство совет халăхĕн вĕçĕмсĕр ÿсее пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине уçăн кăтартса парать.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çакна палăртаççĕ: çĕршыва индустриализацилес тĕлĕшпе Коммунистсен партийĕн политикине ăнăçлăн пурнăçланипе Совет Союзĕн хальхи вăхăтра хăватлă, кучухнехи техникăллă йывăр индустри пур. Вăл хамăр Тăван çĕршывăн халăх хуçалăхне капитализмла çĕршывсене пăхăнмасăр хăйне ирĕккĕн хăвăрттăн аталанма май парать. Халĕ ĕнтĕ йывăр промышленноçа аталантарас тĕлĕшпе çитĕнÿсем тунă никĕс çинче халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт вăйлатас ĕçе организацилеме кирлĕ условисем пурте пур.

Партипе правительство рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатассине хăйсен тĕп задачи тесе шутлаççĕ. Çак тĕп задачăна шута илсе, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çĕршывра куллен кирлĕ промышленность таварĕсем çителĕклĕ пулмалла тăвас тата халăха çав таварсене парса тăрассине хăвăрт вăйлатас шутпа çитес 2—3 çул хушшинче çăмăл промышленность аталанăвне пур майсемпе те хăвăртлатма кирлĕ, тесе шутлаççĕ. Эпир халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине çакăн пек хăвăртлăхсемпе аталантарса пыма пултаратпăр тата аталантармалла та. Çак таварсене туса кăларас тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданисене срокчен чылай малтан тултармалла.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн çăмăл промышленность куллен кирлĕ таварсем туса кăларас тĕлĕшпе вăрçăченхи шая çитсе унтан чылай иртсе кайнă. Кăçал, тĕслĕхрен, халăха кирлĕ таварсем, вăрçăченхи 1940 çулхипе танлаштарсан, 72 процент ытларах туса кăларатпăр. Анчах та куллен кирлĕ таварсем туса кăларас тĕлĕшпе хальхи вăхăт тĕлне тунă ĕçсен пысăкăшĕ тата çак таварсен пахалăхĕ ĕçсыннисен ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултараймаççĕ.

Вăраха ямасăр татса памалли задача çакăн пек: 2—3 çул хушшинче халăха кирлĕ промышленность таварĕсем — пир-авăр, тумтир, атă-пушмак, савăт-сапа, сĕтел-пукан тата культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме, килте тыткалама кирлĕ япаласем туса кăларассине татăклăн вăйлатмалла. СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерствин предприятийĕсенче производствăна ÿстерсе пынипе пĕрлех, куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине вырăнти тата коопераци промышленноçĕнче, çавăн пекех йывăр промышленноçра пысăккăн вăйлатас пулать.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн постановленийĕ тăрăх тĕп промышленность таварĕсене 1954 тата 1955 çулсенче туса кăларма задани çирĕплетсе панă. çавăн пекех çак таварсене туса кăларасси 1956 çулта мĕнле ÿссе пымаллине палăртса хунă. Промышленность таварĕсем туса кăларасси мĕнле хăвăртлăхсемпе ÿссе пырасси çакăнтан курăнать: 1956 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, асăннă таварсене туса кăларасси çакăн чухлĕ ÿсмелле: çăм пир-авăр—2 хут, пурçăн пир-авăр—5,2 хут, çĕр мамăк пир-авăрĕ—70 процент, аялтан тăхăнмалли трикотаж—2,8 хут, чăлха-носки—80 процент, сăран атă-пушмак—70 процент, çĕвĕ машинисем—5,9 хут, велосипедсем—5,8 хут, сехетсем—3,2 хут, радиоприемниксемпе телевизорсем—5 хут, сĕтел-пукан—3,9 хут.

Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине хисеп тĕлĕшпе ÿстернипе пĕрлех, вĕсен пахалăхне лайăхлатасси те унтан кая мар пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Куллен кирлĕ таварсен пахалăхĕ ку таранччен совет потребителĕн ÿсвĕ ыйтăвĕсенчен юлса пырать. Уйрăмах таварсене лайăхлатса çитерес тата вĕсене тулаш енчен илемлетес ĕç начар тăрать. Промышленность работникĕсен, çавăн пекех суту-илÿ работникĕсен çакна шута илес пулать: совет халăхĕн пурнăçĕ хăвăрт лайăхланса пынипчен пысăк пахалăхлă таварсем кирлĕ пулни тата хăвăртрах ÿсесси килет.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленность работникĕсем умне паха, лайăх илемлетсе хатĕрленĕ таварсем туса кăларас задача кăларса тăратаççĕ. Паха тата тулаш енчен лайăх илемлетнĕ изделисем туса кăларассишĕн ялан тăрăшасси кашни предприятин, мĕнпур хуçалăх, парти тата профессиллĕ организацисен тивĕçĕ пулса тăрать.

Правительство тата партин Центральнăй Комитечĕ пир-авăр, çĕвĕ тата паха тирсем, трикотаж, атă-пушмак, галантерея таварĕсем, паха савăт-сапа, культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме тата килте тыткалама кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстерме, вĕсен ассортиментне нумайлатма, пахалăхне лайăхлатма пур енчен те тĕплĕ программа туса хатĕрлерĕç. Çак программăна пĕтĕмпех тата срокра пурнăçлассишĕн кĕрешесси — СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерстви предприятийĕсенче, вырăнти тата коопераци промышленность предприятийĕсенче, йывăр промышленноçăн машинăсем тăвакан, хими, металлурги тата ытти нумай предприятийĕсенче ĕçлекенсен чысĕ пулса тăрать.

Совет текстильщикĕсен пир-авăр ассортиментне лайăхлатас тĕлевпе халăх ытларах ыйтакан таварсем — байка, фланель, пустав, вельветон, замша, меланжевăй, çиĕ çемçе йышши пусма тавар туса кăларассине пур майсемпе те ытларах ÿстерсе пырас пулать. Костюмсем валли таса çăмран камвольнăй пир-авăр, пальтосемпе костюмсем валли таса çăмран паха пустав туса кăларассине ÿстерме заданисем кăтартса панă. Чи малтан трико, бостон, коверкот, габардин, драп тата ытти йышши пуставсем туса кăларасси ÿсет. Пурçăн пир-авăр туса кăларассине лайăхлатмалла. Вăл çирĕп пултăр. Саптарса сăрлакан пир-авăр туса кăларасси те ÿсет.

СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерствине 1954—1955 çулсенче çĕленĕ тумтир тата паха тирсем туса кăларма задани çирĕплетсе панă. Çĕвĕçсен пальто, костюмсем, арçын сорочкисем çĕлес ĕçе лайăхлатмалла, сезона кура çĕнĕ модельсемпе фасонсем туса хатĕрлемелле,—вĕсем потребитель ыйтăвĕсене пур енчен те тивĕçтерме пултарччăр.

Тир-сăранпа атă-пушмак промышленноçĕнче ĕçлекенсем умĕнче тăракан тĕп задача продукци пахалăхне куллен лайăхлатса пырасси тата ассортиментне ÿстересси пулать. Çитес икĕ çул хушшинче рантовăй атă-пушмак туса кăларассине ÿстермелле, лакпа сăрланă сăранран, замшăран тата шурă шевроран атă-пушмак туса кăларассине виçĕ хут ытла ÿстермелле.

Машиностроительсем, металлургсем, химиксем умĕнче, электропромышленность, строительство материалĕсем тăвакан промышленность, вăрманпа хут промышленность, вырăнтипе коопераци промышленность работникĕсем умĕнче культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес, килте тыткалама кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстерес, вĕсен ассортиментне нумайлатас тата пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ.

Çăмăл промышленноçа аталантарма укçа-тенкĕ хывасси чылай ÿсет. Çитес вăхăтра халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленность производствине аслăлатас, çĕнĕ предприятисем тăвас ĕçре улшăну тумалла пулать. Постановленипе пир-авăр, çăм, пурçăн, йĕтĕн, трикотаж, тир-сăранпа атă-пушмак промышленноçĕнче тума палăртнă пысăк предприятийĕсен строительствине хăвăртлатмалла, вĕсене вăхăтра ĕçе кĕртмелле.

Халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăн вăйлатасси — министерствăсен, ведомствăсен, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсен, мĕнпур хуçалăхăн, партипе совет организацийĕсен пысăк задачи пулса тăрать.

Çак кунсенче халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленность работникĕсем государство заданийĕсене тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса пыраççĕ. Вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕ чĕнсе каланă çак сăмахсене хапăл туса йышăнаççĕ:

**— Куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленность работникĕсем! Паха та илемлĕ пир-авăр, паха та капăр тумтир, çирĕп те илемлĕ атă-пушмак тата ытти паха таварсем нумайрах туса кăларăр! Пурне те кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт ÿстерĕр!**

(«ПРАВДА» хаçатăн октябрĕн 28-мĕшĕнчи умстатьи).

## Планран иртерсе

КИЕВ, октябрĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Киеври пурçăн комбиначĕн тĕртекен цехĕ планран иртерсе 700 метра яхăн пурçăн пир тĕртсе кăларнă.

Мускаври Калинин ячĕпе тăракан çăм арлакан фабрикăра Серафима Котова бригадир примерĕпе предприятире производствăри резервсене комплекслă мелпе усă курассишĕн ăмăрту сарăлса пырать.

Роза Люксембург ячĕпе тăракан трикотажнăй фабрика коллективĕ мĕнпур йышши изделисем туса кăлармалли 10 уйăхри плана срокчен тултарнă. Çĕвĕ çĕлевен, закройнăй тата капрон чăлха туса кăларакан цехсен те графика иртерсе тултарса ĕçлеççĕ.

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

### Болгари Халăх Республикинчи искусство мастерĕсен Совет Союзĕн Пысăк театрĕнчи юлашки концерчĕ

Октябрĕн 27-мĕшĕнче ССР Союзĕн Пысăк театрĕнче Болгари Халăх Республикинчи искусство мастерĕсен пысăк концерчĕ пулнă. Концерта София хулинчи государство оперăпа балет театрĕн солисчĕсем, оркестр, хорпа балечĕ хутшăннă.

Концерт программинче болгар композиторĕ Л. Пипков çырнă «Момчил» операри, болгар композиторĕ А. Райчев çырнă «Хайдутская песня» балетри, М. Глинкăн «Иван Сусанин» тата М. Мусоргскин «Борис Годунов» операсенчи сыпăксем пулнă, çавăн пекех солистсем тухса юрланă.

Концерта пынисем Болгари артисчĕсене ăшшăн кĕтсе илнĕ, вĕсене тăвăллăн алă çупса саламланă.

Куракансем уйрăмах Б. Христов, Д. Кожухаров, Д. Узунов, М. Паунов, Г. Рударов, Н. Николов, К. Георгиева, Н. Афеян, В. Попова, Р. Конфорти, К. Попова юрăçăсене, балет солисчĕсене—А. Гаврилова, Н. Кираджиевăна, Э. Камиларов скрипача, С. Барова пианисткăна кăмăллăса йышăннă.

Оркестр — главнăй дирижер А. Найденов, К. Илиев, А. Маргаритов дирижерсем, хор. Д. Кончаров хормейстер, театр балечĕ—главнăй балетмейстер А. Петров пысăк ăсталăх кăтартнă.

Концертра К. Е. Ворошилов, Н. А. Булганин, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин, П. К. Пономаренко, М. А. Суслов, Н. Н. Шаталин, М. Ф. Шкирятов, КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕсем, министрсем, Мускав хулинчи партипе совет активĕ, предприятисен представителĕсем, наука, литературăпа искусство деятелĕсем пулнă.

### Çĕнĕ конвейер

КУЗНЕЦК (Пенза облаçĕ), октябрĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Кузнецкри атă-пушмак фабрикинче çиччĕмĕш конвейера ĕçе янă. Ăна Тăван çĕршывра туса кăларнă çĕнĕ машинăсенчен йĕркелесе тунă. Конвейера ĕçе янă хыççăн предприяти çулталăкра пĕр миллион мăшăр ытларах атă-пушмак туса кăларать.

Октябрь уявĕ умĕнхи кунсенче коллектив заданирен иртерсе кашни талăкра пин мăшăр атă пушмак туса кăларать.

Ĕнер модельнăй атă-пушмаксене Магнитогорск, Куйбышев, Саратов хулисене ярса панă. Украинăна, Çĕпĕре, Удмурт АССР-не те атă-пушмак нумай ăсатнă.

### Ялхуçалăхĕнчи çĕнĕ машинăсем



Гомельти ялхуçалăх машинисем тăвакан заводри конструкторсем уйра тислĕк салатмалли машина тунă. «НТ-2,0» текен çав машинăна «Универсал—2» трактортан кăкарса ĕçлеççĕ. Машина тислĕке 2,5 метр сарлакăш, пĕр тикĕс салатса пырать. Пĕр сехет хушшинче пĕр гектар çинче тислĕк салатма пулать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: тислĕк салатмалли «НТ-2,0» машина.
Э. ЕВЗЕРИХИН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Конструкторсен çĕнĕ ĕçĕсем

ГОРЬКИЙ, октябрĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Горькири Молотов ячĕпе тăракан автомобиль заводĕнчи конструкторсем, партин XIX-мĕш съезчĕн директивисене пурнăçласа, çĕнĕ машинăсем тăваççĕ, вĕсен йывăрăшне чакараççĕ, пахалăхне лайăхлатаççĕ.

Кăçал, конструкцисемпе детальсен йывăрăшне çăмăллатнă май, «ГАЗ-51», «ГАЗ-63», «М-20», «ЗИМ» автомобильсен йывăрăшне чакараççĕ. Завод çĕнĕ йышши «ГАЗ-69» автомашинăсем йышлăн туса кăларма тытăннă. Вĕсемпе ялхуçалăхĕнче анлăн усă курмалла. Предприятире ку машинăна малашне те çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

«ГАЗ-51» автомашинăна çĕнетсе урăхлатса унтан виçĕ тоннăллă машина тăваççĕ. Унăн йывăрăшĕ, «ГАЗ-51» машинăпа танлаштарсан, мĕн пурĕ те пилĕк процент чухлĕ кăна ÿсет, машина вара малтанхинчен 25 процент ытларах груз тиеме пултарать. Заводра çĕнĕ йышши машина туса кăларма тытăннă. Вăл хĕсĕнĕ газпа ĕçлеме пултарать. Халĕ горючи вырăнне шĕветнĕ газпа усă курма май паракан аппарат тăваççĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене пурнăçласа, автозаводри конструкторсем халăха кирлĕ таварсен—арçын тата хĕрарăм велосипечĕсен, металран тунă кроватьсен—пахалăхне лайăхлатса пыраççĕ. Ачасене вылямалла «Победа», «ЗИМ», «ГАЗ-69», «ГАЗ-51» автомашинăсен моделĕсене туса кăлараççĕ.

### МАНДАРИНСЕМ ПУХАÇÇĔ

БАТУМИ, октябрĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Аджарири цитрус çимĕçĕсем ÿстерекен хуçалăхсенче мандаринсем пухма тытăннă. Колхозсем, çавăн пекех колхозниксем те хăйсен хушма хуçалăхĕсенче мандаринсем пухаççĕ.

Пĕрремĕш кунхине çимĕçсене ĕшĕксене вырнаçтарса хуракан заводсем 200 пин ытла мандарин йышăннă. Мандаринсене суйласа урăх çĕре ăсатма хатĕрлеççĕ.

### Апат-çимĕç предприятийĕсем

РСФСР-ти хуласемпе район центрĕсенче çĕнĕ апат-çимĕç предприятийĕсемпе цехсем 300 ытла тăваççĕ. Вăл шутран 150 яхăн предприяти кăçал ĕçлеме тытăнать. Çĕнĕ предприятисем колбаса, çăратнă сĕт, çу, типĕтнĕ пахча çимĕçпе çĕрулми, конфетсем, шоколад, çăкăрпа булка изделийĕсем нумай туса кăлармалла.

РСФСР Апат-çимĕç промышленность министерствин коллеги членĕ Лобановский юлташ ТАСС корреспондентне çапла каласа панă:

— Кăçал Тамбов, Брянск, Чита облаçĕсенче, Тутар, Чăваш АССР-ĕсенче çу тата сĕт завочĕсем пурĕ 19 ĕçлеме тытăннă. Астраханьри сĕт заводне çĕнĕ йышши оборудовани вырнаçтарса лартнă. Ноябрь-декабрь уйăхĕсенче сĕт продукчĕсем тăвакан 21 çĕнĕ завод ĕçлеме пуçлать. Курск, Воронеж, Смоленск, Сталинград тата ытти чылай облаçсенче ÿсентăран çăвĕ туса кăларакан заводсене çĕнетсе улăштараççĕ тата аслăлатаççĕ.

Çитес вăхăтра Смоленск, Орел, Ижевск, Йошкар-Ола хулисенче колбаса тăвакан цехсем уçăлаççĕ. Новосибирск, Мурманск тата ытти хуласенче çăкăр завочĕсем тăваççĕ, халĕ ĕçлекен заводсене аслăлатаççĕ. 21 холодильник тăваççĕ, вĕсенчен хăшне-пĕрне ĕçе янă, пахча çимĕç типĕтекен тата ытти предприятисем те туса лартаççĕ.

### Çĕнĕ çуртсене куçаççĕ

ВЛАДИВОСТОК, октябрĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрь уявĕ тĕлне Приморьери хуласенче пурăнмалли çĕнĕ çуртсем туса çитереççĕ. Владивостокра ĕçсыннисем 12 хваттерлĕ икĕ çурта куçма тытăннă. Ку çуртсенче Дальшахтостройăн рабочийĕсемпе служащийĕсем пурăнмалла.

Иртнĕ çулсенче ÿссе ларнă Арсеньев хулинчи ĕçсыннисем, Ворошиловри кирпĕч заводĕнчи, Узловая станцийĕнчи юсавпа механически заводĕнчи рабочисемпе служащисем, Артемри тата Сучанри горняксем, чугун çулĕн Владивостокри уйрăмĕн транспортникĕсем уяв кунĕсене çĕнĕ çуртсенчи чаплă хваттерсенче ирттереççĕ.

Октябрь революцийĕ 36 çул тултарнă тĕле крайри хуласенче çĕнĕ çуртсенчи чаплă пин тăваткал метр ытла пурăнмалли çурт-йĕр хатĕр пулать.

# ОКТЯБРЬ УЯВĔ УМĔНХИ ĂМĂРТУ

### Механизаторсен çитĕнĕвĕ

Улатăр МТС-ĕнчи механизаторсем ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлăн вĕçлессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ. Вĕсем умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçлаççĕ. Машина-трактор станцийĕ 1953 çулта тракторсемпе тумалли ĕçсен планне срокчен 104 процент тултарчĕ.

Çак çитĕнĕве механизаторсем машинăсемпе тĕрĕс усă курса, социализмла ăмăрттăва лайăх организацилесе тунă. Кăçал МТС колхозсенче 55 тĕрлĕ ĕçсем туса ирттернĕ. Колхозсенче ирхи тата кĕрхи çĕртме сухине пĕтĕмĕшпех МТС вăйĕпе тунă.

Юлашки пилĕк çул хушшинче МТС пирвайхи хут кĕрхи çĕртме тумалли плана тултарчĕ, колхозсене 6.654 гектар сухаласа пачĕ.

Аслă Октябрь 36 çул тултарнине уявлама хатĕрленсе, механизаторсем ялхуçалăх машинисене юсас тĕлĕшпе вăя хурса ĕçлеççĕ. 1954 çулхи ялхуçалăх ĕçĕсем пуçланиччен машина-трактор паркне пысăк пахалăхпа юсаса хатĕрлеме пулаççĕ.

Н. КОЛЕСОВ.

### Панă сăмаха пурнăçлаççĕ

Шупашкарти «Стройдеталь» завод коллективĕ уяв ячĕпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пырать. Завод тăхăр уйăхри производство планне 108,8 процент тултарнă. Цехсем хушшинчи ăмăртура тимĕр-бетонран тĕрлĕ детальсем, чÿрече рамисем тăвакан цехсем малта пыраççĕ. Вĕсем продукци туса кăлармалли задание куллен 120—200 процент тултараççĕ.

Завод коллективĕ çулталăкри производство планне ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешет.

А. ОНЬКОВ.

### Хастарлă коллектив

Чугун çулăн Канаш дистанцийĕ Мăкăр разъездĕнчен пуçласа Юдино патне çитиех тăсăлса выртать. Дистанцири околотоксенче, мастерскойсенче, бригадăсенче—пур çĕрте те пысăк çĕкленÿпе ĕçлеççĕ. Дистанци коллективĕ çулсене хĕле кăтартуллăн хатĕрлесе çитерессишĕн кĕрешет. Ку тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса ирттернĕ ĕнтĕ. Çула юсамалли, рельссене улăштарса лартмалли çулталăкри плана тултарнă, кĕперсене, юр тасатакан машинăсене пурне те юсаса çитернĕ.

Уйрăмах вуннăмĕш околоток лайăх ĕçленине палăртмалла. Ку околоток хăй участокĕнчи çулсене пĕтĕмпех лайăх юсаса çитернĕ тата вĕсене яланах питĕ тирпейлĕ сыхласа усрать. Сентябрь уйăхĕнчи социализмла ăмăрту итогĕсем тăрăх вуннăмĕш околоток пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Иккĕмĕш вырăна 11-мĕш околоток йышăнчĕ. Кунта çул мастерĕ пулса коммунист Андреев юлташ ĕçлет. Ку околоток çулсене юсамалли плана 158 процент тултарнă. Çул хуçалăхĕ яланах кăтартуллă. Околоткри Сергеев юлташăн бригадине Хусан чугун çул управленийĕн хисеплĕ кĕнекине кĕртнĕ. Сергеев юлташа хăйне чугун çул çинчи чи лайăх бригадир ятне панă. Юсав ĕçĕнчи рабочие Петрова юлташа «Отличный путеец» значокпа наградăланă. Вуннăмĕш околоткри пур рабочисем те нормăна 120—150 процент тултараççĕ. Околоток коллективлă стахановла ĕç участокĕ пулса тăчĕ.

Механически мастерской коллективĕ чугун çул валли детальсем тумалли тата юсамалли çулталăк планне ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарма обязательство илнĕ. Илнĕ обязательство ăнăçлăн пурнăçланса пырать. 25 рабочирен 17-шĕ çулталăк нормине сентябрь уйăхĕнчех тултарнă. Ипатов, Кузнецов, Григорьев тимĕрçĕсем, Ананьев, Григорьев, Иванов молотобоецсем икшер çулталăк нормине тултарнă. Сварщиксен Филиппов юлташ ертсе пыракан бригади питĕ паха продукци туса кăларать. Ăна чи паха продукци туса кăларакан бригада ятне панă.

Кунта рабочисен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатассишĕн нумай тăрăшаççĕ. Канаш хулинче шлак-блокран пĕр çурт туса лартнă, унта хĕрарăмсем валли общежити тунă. Ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне ку çуртра хĕрлĕ кĕтес уçаççĕ.

Иккĕмĕш Канашра праçник тĕлне пурăнмалли çĕнĕ çурт туса пĕтереççĕ. Унта Васильев бригадипе тата 11-мĕш околоткри 5 рабочи çемйисем пурăнма куçаççĕ.

И. ЖАДЕЦКИЙ.

### Плана срокчен тултарассишĕн

Шупашкарти пир-авăр комбинатне тунă çĕрте ĕçлекен рабочисем, инженерсемпе техниксем Октябрь уявне производствăра пысăк çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илессишĕн кĕрешеççĕ.

Çак кунсенче уйрăмах пулăшуллă предприятисенче ĕçлекен арматурщиксемпе бетонщиксем тата столярсем пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Нумай рабочисем сменăра заданисене куллен иртерсе тултараççĕ.

Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, Смирнов юлташ ертсе пыракан арматурщиксен бригади 100 тонна арматура туса хатĕрлес вырăнне 120 тонна хатĕрлерĕ, çурт тунă çĕре вырнаçтарчĕ. Ку бригада иртнĕ уйăхри плана 180 процент тултарнă. Халĕ арматурщиксем октябрьти плана срокчен тултарассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

И. ДУБИНИН,
«Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ кресчĕн арматурщик.

### Етĕрне районĕнчи предприятисенче

Предприятисемпе артельсенче социализмла ăмăрту анлăн сарăлса пырать. Райпромкомбинатра ĕçлекенсем ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне çулталăкри плана 100 процент тултарма тăрăшаççĕ. Кирпĕч тăвакан цех сезонти планран иртерсе 200 пин кирпĕч туса кăларчĕ. Столярнăй цех та ăнăçлă ĕçлет. Промкомбинат кăçал сушильнăй цех уçать. Цех çуртне уяв тĕлне туса пĕтереççĕ.

Çу заводĕнче ĕçлекенсем уяв тĕлне çулталăкри плана 97 процент тултарассишĕн ăмăртаççĕ. Завод уяв тĕлне электростанци туса пĕтерет.

Çу тата олифа тăвакан заводри рабочисем уяв тĕлне планран иртерсе çур миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларма обязательство илчĕç. Вĕсем хăйсен сăмахне пурнăçлаççĕ. Волкова, Медведева, Данилова юлташсем ертсе пыракан сменăсем задание куллен 120—130 процент тултараççĕ.

Спирт завочĕ 10 уйăхри производство планне тултарчĕ.

Сталин ячĕпе тăракан промартель коллективĕ уяв тĕлне çулталăкри плана 93 процент тултарма обязательство илчĕ. Артельри цехсем тухăçлă ĕçлеççĕ. Тĕрĕ тĕрлекен цех коллективĕ çулталăкри планран иртерсе 10 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларассишĕн ăмăртать. В. Еремкина, А. Трофимова, З. Кокорина, К. Шивякова юлташсем нормăна куллен 130—140 процент тултараççĕ.

И. ЖЕЛЕЗНОВ,
Етĕрне райсовет исполкомĕн председателĕн заместителĕ.

# Тавар çаврăнăшне малалла аталантарас, государство, кооперации суту-илĕвне тата колхозла суту-илĕве организацилессине лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен

### *СССР Суту-илӳ министрĕ А. И. МИКОЯН юлташ суту-илӳ работникĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнче 1953 çулхи октябрĕн 17-мĕшĕнче тунă доклад*

## Халăх ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренесси, таварсен пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешесси

(Малалли. Пуçламăшĕ иртнĕ номерте).

Халăх мĕнле таварсем ыйтнине тĕпчесе вĕренмелли хальхи йĕрке тăрăх çав ĕçе ытлашши централизацилени — Суту-илӳ министерствине ытла та нумай материалсем пухмалла çав шутра центрта нимĕн тума та кирлĕ мар материалсене те пухмалла. Уйрăм йышши таварсем, халăх ытларах ыйтакан таварсем тăратас енĕпе калаçса татăлса килĕшме вырăнти органсене ытларах ирĕк парас пулать.

Хулари тата яльти халăхăн ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренес тĕлĕшпе таварсене курттăмăн сутакан суту-илӳ организацийĕсен те, таварсене вакăн сутакан суту-илӳ организацийĕсен те ĕçлемелле. Таварсем туянакансен конференцийĕсене ирттерес опыта, граждансен сĕнĕвĕсемпе усă курассине, таварсен выставкисене, ассортимент кабинечĕсене организацилессине, хаçатра çырса пĕлтерессине тата ытти çавăн пек ĕçсене те анлă сармалла.

Халăх ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренес тата туллинрех тивĕçтерес ĕçре товароведсем уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Промышленносран илекен таварсен ассортименчĕ тата пахалăхĕ тавар туянакансене килĕшлипе килĕшменнине тата вĕсем ыйтнине тивĕçтерессине лайăх вĕреннĕ товаровед кăна тĕрĕс хак пама пултарать, урăх никам та ун пек тĕрĕс хак пама пултараймасть.

Çав вăхăтрах товароведсен пĕлтерĕшне чакарнă. Заводра директор хыççăн главнăй инженер иккĕмĕш çын пулса тăрать. Ман шухăшпа, суту-илӳ организацийĕсенче таварсен ассортименчĕпе пахалăхĕ енĕпе товаровед иккĕмĕш çын пулма тивĕç. Суту-илӳре товароведсен рольне ӳстерме вăхăт çитнĕ. Çапла тусан таварсен пахалăхĕпе ассортименчĕ енĕпе тĕл пулакан ыйтусене нумай ăнăçларах татса пама пулать.

Пирĕн партипе правительство продукци пахалăхне ӳстерессине çине ялан тимлĕ пăхнă. Суту-илӳ организацийĕсем потребительсем патне пысăк пахалăхлă таварсем çитерессишĕн ответлă пулса тăраççĕ. Суту-илӳ работникĕсем хăйсен ĕçĕнче куллен вуншар миллион çынсемпе тĕл пулаççĕ, сутакан тавар пахалăхне хак панине пуринчен малтан продавец илтет.

Суту-илӳ работникĕсем сутакан таваршăн тавар илекенсем умĕнче тӳррĕмĕн ответ тытаççĕ. Суту-илӳ работникĕсен тавар илекенĕн интересне шута илсе, çав интереса таварсен пахалăхĕпе ассортименчĕ енчен промышленность умĕнче хӳтĕлемелле, япăх таварсене магазинсемпе лавккасене йехме памалла мар.

Суту-илӳ организацийĕсен аллинче таварсен пахалăхĕпе ассортиментне лайăхлатма экономикăлла рычагсемпе усă курма пур майсем те çителĕклĕ. Суту-илӳ работникĕсем промышленность умне çĕнĕ йышши таварсем туса кăларас ыйтусем лартма, çĕнĕ таварсене сарма, промышленноçа пысăк пахалăхлă, халăх ыйтакан таварсем туса кăларма куллен хистеме тивĕç.

Продукци пахалăхне лайăхлатас тесе Правительство çăмăл промышленноçа çăмран пысăк пахалăхлă «бостон», «метро», «люкс», «ударник», коверкот, драп-велюр, «столичный» тата ытти пир-авăр туса кăларассине ӳстерме хушрĕ; пурçăн пир-авăрăн илемлĕхне лайăхлатмалла, унăн çирĕплĕхне ӳстермелле, пысăк пахалăхлă пир-авăр туса кăларассине вăйлатмалла тата искусственнăй пурçăнран тĕртсе кăларнă пир-авăр çунă хыççăн ларнине чакармалла, çавăн пекех, пир-авăрсене пĕветсе илемлетессине лайăхлатмалла.

Штапель çипрен пир-авăр тĕртсе кăларассине нумай ӳстерме палăртнă. Çав пир-авăра потребительсем ырлаççĕ. Анчах Мускаври Пĕррĕмĕш ситценабивная фабрикăпа Трехгорная мануфактура тĕртсе кăларакан пир-авăр пирки çавăн пек калама май çук. Вĕсем чапа тухнă предприятисем, анчах вĕсен штапель пир-авăрĕ япăх, тавар илекен çав пир-авăр япăххишĕн пăшăрханать.

Мускав хулинчи Свердлов ячĕпе тăракан фабрика пысăк пахалăхлă штапель пир-авăр туса кăларать, ăна тавар илекенсем ют çĕршывсенчи пир-авăртан ытларах хак параççĕ пулсан, Трехгорная мануфактурăпа Пĕррĕмĕш ситценабивная фабрика штапель пир-авăр тĕртсе кăларма лайăх хатĕрленсе çитмесĕр тытăннă. çав ĕçпе вĕсем хăйсен ятне янă.

Çăмăл промышленность пĕр йышши, чĕкеçм, тĕттĕм çеçпеллĕ, япăх сăрлянă таварсем туса кăларнине малашне чăтса тăма çук. Промышленноçăн çутă, куса илĕртекен, илемлĕ сăрланă, çирĕп пир-авăр туса кăлармалла.

Çăмăл промышленноçăн сезонсене шута илсе потребительсен требованийĕсене тивĕçтерекен тата вĕсен кăмăлне каякан çĕнĕ модельсемпе фасонсем шухăшласа кăлармалла тата вĕсемпе усă курмалла. Продукцие тул енчен йĕркелени—илемлĕ кăларни, лайăх чĕркесе [illegible]—таварсен пахалăхĕн уйрăмлăхĕ пайĕ пулса тăрать.

Сакна палăртни кирлĕ: промышленность предприятийĕсен чылайăшĕ таварсене лайăх йĕркелесе, илемлетсе кăлараççĕ. Анчах облаçсенче тата республикăсенче кооперацие вырăнти промышленноçăн нумай предприятийĕсем, уйрăмах районсенчи предприятисем çавăн пек тăваççĕ тесе калама çук. Задача çакăн пек: ку ĕçре кая юлнă предприятисене малта пыракансен шайне çитермелле. Пирĕн пĕтĕм промышленноçăн пысăк пахалăхлă, лайăх, тулаш енчен те, чĕркес енчен те илемлĕ таварсем туса кăлармалла. Вĕсем ют çĕршывсенчи таварсенчен, хăйсен илемлĕхĕпе, кая юлмалла мар.

Тавар илекенсен промышленность ĕçĕ пирки, уйрăмах апат-çимĕç промышленноçĕ пирки пуринчен те ытларах сутăнакан апат-çимĕç ялан пĕр пек пысăк пахалăхлă пулманшăн кăмăлсăр пулма сăлтав пур. Çакăн пек йĕркене чăтма çук: сĕнĕрен кăларакан тавар сорчĕ малтанхи вăхăтра лайăх пулать, кун хыççăн производственниксем çакăн çине кирлĕ пек пăхма пăрахаççĕ те тавар пахалăхĕ чакарланать. Çавăн пекех лаякан таварсене промышленность туса кăларма пăрахни те пулмалла мар.

Суту-илӳ работникĕсем хушшинче ку таранччен суту-илӳ предприятийĕсене промышленность пахалăхсăр таварсем ярса панипе килĕшес йăла пур. Вĕсем промышленность халăх ыйтман таварсем, кивелĕ фасонлă тата моделлĕ таварсем тата тулаш енчен начар йĕркеленĕ таварсем тăратнипе килĕшсе тăни сисĕнет.

Паллах, промышленносăн ертсе пыракан работникĕсем çапла калама пуласçĕ: пире химиксем краска памаççĕ, эпир мĕн тăвăпăр-ха ĕнтĕ. Вара çемçе чĕреллĕ промышленность работникĕсемпе суту-илӳ работникĕсен кăмăлĕсем ирĕлме пуçлаççĕ. Вĕсен çирĕп чĕре пулмалла, каялла чакни пулмалла мар. Çăмăл промышленность работникĕсен химиксене хистемелле, химиксем умĕнча вĕсен кăмăлĕ ан ирĕлтĕр, вĕсем химиксенчен хăйсене мĕнле краска кирлĕ çав краскасене ыйтса илме пултарччăр. Çак ĕçре пĕр-пĕрин умĕнче каялла чакни вăл оппортунизм пулать, оппортунизм вара ĕçшĕн юрăхсăр япала.

Большевиксем нихçан та ансăр вырăнсемпе танлашман, çакăн пек танлашасси вăл халăх ырлăхĕшĕн активлăн кĕрешессине хирĕç пырать. Ансăр вырăнсемпе танлашас вырăнне суту-илӳ работникĕсен пĕтĕм çарĕн çак ансăр вырăнсене çĕнтерес, çĕмĕрсе тăкас принципа пăхăнса ĕçлемелле. Кунтан çапла вывод тухса тăрать: суту-илӳ работникĕсен тавар тăратакансен сăлтавĕсемпе, вĕсем тавар илекенĕн интересĕсене хирĕç пыраççĕ пулсан, килĕшмелле мар.

Таварсен кирлĕ пек ассортиментчĕшĕн, вĕсен пысăк пахалăхĕшĕн, таварсене тулаш енчен лайăх йĕркелессишĕн кĕрешĕве вăйлатса пынипе суту-илӳ работникĕсем тавар илекенĕн интересĕсене хӳтĕлеççĕ çеç мар, çакăнпа вĕсем государство интересĕсене хӳтĕлеççĕ, çапла вара промышленность работникĕсене ĕç пахалăхĕн тата çӳлерех çĕнĕ пусăмне çĕкленме пулăшаççĕ.

Советла суту-илӳпе промышленность работникĕсен интересĕсем пысăк пахалăхлă таварсемшĕн кĕрешес тĕлĕшпе пĕр пек. Вăл интерессем государство интересĕсем пулса тăраççĕ, халăх ырлăхĕшĕн тăрăшнине кăтартаççĕ. Суту-илĕве лайăхлатас тĕллевпе курттăмăн тавар тăратакан организацисене промышленносран Суту-илӳ министерстви аллине панă.

Курттăмăн сутакан организацисене пĕр ведомствăран тепĕр ведомствăна куçарни ахаль ĕç пулнине пĕлтермест, вăл суту-илĕве организацилес ĕçре тĕпренех улшăну туннине пĕлтерет. Советла суту-илӳ аталанăвĕн историйĕнче çакна пĕррĕмĕш хут тунă. Курттăмăн сутассине промышленносран Суту-илӳ министерствине панин тĕллевĕ çакăнта пулать: тавар илекенĕн интересĕсене—малти вырăна, кирлĕ таварсене туса кăларма промышленноçа мелле пулнипе пулманнине иккĕмĕш вырăна хумалла.

Курттăмăн суту-илӳ тăвас ыйтусем тăрăх тата пахалăх инспекцийĕ çинчен Правительство йышăннă решенин пĕтĕм пĕлтерĕшĕ çакăнта пулать те ĕнтĕ. Таварсен пысăк пахалăхĕшĕн тата кирлĕ ассортиментчĕшĕн кĕрешес ĕçре СССР Суту-илӳ министерствин курттăмăн сутакан организацийĕсен ролĕ çӳлĕ пусăмра тăмалла. Ваккăн суту-илӳ тăвакан организацисен ыйтăвĕсене çийĕнчех тивĕçтермелле, суту-илĕве лайăхлатас ĕçре вĕсене мĕнпур майсемпе пулăшса пымалла, таварсем каймӑлли çулсене тӳрлетес енĕпе тата таварсене промышленность предприятийĕсенчен тӳрех суту-илӳ предприятийĕсене транзитпа ярассине сарас тĕлĕшпе тумалли задачăна татса памалла.

Планлас ĕçри ситменлĕхсенчен пĕри çакă пулать: пĕр енчен, вырăнти торгри, магазинти тавар çаврăнăшĕн планĕ; тепĕр енчен, çав плана тавар ресурсĕсемпе тивĕçтерессн—çав иккĕ енĕ хушшинче кирлĕ пек çыхăну çук. Çавна пула пĕр организацисем таварсене тавар çаврăнăш планна тултарма кирлинчен ытларах илсе тăраççĕ, теприсем—çакалтараç. Магазинсемпе торгсенче йĕркелесен ĕç укçине плана мĕнле тултарнине кура укçине тавар шута илес пулсан ку ситменлĕхĕн пĕлтерĕшĕ тата ытларах кĕрсе кайать.

## Совет çемйин йăлине тата обществăлла апатланăва лайăхлатмалли хăшпĕр ыйтусем

Владимир Ильич Ленин килти хуçалăха реконструкцилес ыйтусене пысăк вырăна хунă, вăл ку ĕçе коммунизмшăн кĕрешмелли условисенчен пĕри пулса тăрать, тесе шутланă. Вăл çапла çырнă: хĕрарăма «килти пĕчĕк хуçалăх пусать, пăвать, тунсăхлатать, кая хурать, мĕншĕн тесен çав хуçалăх хĕрарăма кухньăпа ача пӳлĕмĕнчен, кăкарса хунă пек, ниçта уйрăлма памасть, нервĕсене пăсакан, тунсăхлатакан, пуçа минретекен вак-тĕвек тухăççăр ĕçсем туни хĕрарăмăн вăй-халне тискеррĕн çаратса пĕтерет. Килти çак пĕчĕк хуçалăха хирĕç (государство власне хăйĕн аллинче тытса тăракан пролетариат ертсе пынипе) массăлла кĕрешӳ е, тĕрĕсрех каласан, ăна социализмла шутра хуçалăха куçарас енĕпе массăллăн урăхлатса çĕнетесси ăçта тата хăçан пусланать, хĕрарăма чăннипех ирĕке кăларасси,—чăн-чăн коммунизм çавăнта тата çавăн чухне тин пусланать» (В. И. Ленин. Соч., 29 т., 396 стр.).

Килти пĕчĕк хуçалăха массăллăн урăхлатса çĕнетесси темиçе енĕпе кайма пултарать. Ку тĕлĕшпе килти ĕçе механизацилени е, тĕрĕсрех каласан, машинăсемпе ĕçлемелле туни пысăк вырăн йышăнать. Потребленин кучуххехи ĕçхатĕрĕсем, лайăхлатса çитернĕ машинăсем туса кăларасси тата вĕсемпе усă курмалла тăвасси çине тимлĕнрех çаврăнса пăхма пирĕн халĕ ĕнтĕ пур майсем те çитеклĕ. Вĕсем пирĕн йăлара пулмалла, пирĕн йăлана лайăхлатмалла.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ килти хуçалăхра кирлĕ пулакан машинăсем кăларас енĕпе анлă программа туса çирĕплетрĕç. 1955 çулта кĕпе-йĕм çумалли машинăсем 196 пин штук туса кăлармалла, ку вăл, 1953 çулхипе танлаштарсан, 11 хута яхăн ӳсни пулать, йăлара кирлĕ холодильниксем кăçалхи 62 пин штук вырăнне 330 пин штук туса кăлармалла, пылесоссем туса кăларасси 5 хут ӳсет, вĕсене çулталарăра çур миллион штука яхăн туса кăлараççĕ; электричество вăйĕпе урай шăлмаллисем (электрополотеркăсем) туса кăларасси 10 хут ӳсет. Çĕрулми тасатмалли, пахча çимĕç турамалли, çăкăр касмалли, савăт-сапа çумалли хатĕрсем, электрокастрюльсем, электрочайниксем, кухньăра тыткалама кирлĕ çавнашкал ытти хатĕрсем туса кăларассине чылай ӳстереççĕ.

Хăшпĕр скептиксем, уйрăмах пире ним сăлтавсăр курайманнисем: тупнă тĕнчене мĕнпе тĕлĕнтермелли, тейĕç. Çумалли машинăсем, пылесоссем е холодильниксем туса кăларассине хисеп енчен илсе пăхсан эпир, чăнах та, никама та тĕлĕнтерме шутламастпăр. Эпир ку ĕçе йĕркелесе янă кăна-ха. Анчах çак манăçа юлнă ĕçе хăвăрт лайăхлатса пынипе эпир кирек мĕнле скептиксене те тĕлĕнтерĕпĕр.

Пирĕн патра, социализм çĕршывĕнче, нумай вăхăт иртмĕ, çав машинăсем совет çемйисенче нумайăшĕнче çителĕклĕ пулĕç.

1956 çулта çĕвĕ çĕлемелли машинăсем виçĕ миллиона яхăн туса кăлармалла, ку вăл вăрçăченхи 1940 çултинчен 17 хут ытла пулать. 1954 çултан пуçласа пирĕн промышленность электричествăпа ĕçлекен çĕвĕ çĕлемелли машинăсем кăларма тытăнать. Ку машинăсем тыткалама ансат тата илемлĕ пулаççĕ. Çак çĕвĕ çĕлемелли çĕнĕ йышши машинăсем пирĕн хĕрарăмсен ĕçне чылай çăмăллатаççĕ.

Ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тата килти пĕчĕк хуçалăха реконструкцилес ĕçре обществăлла апатланăва пур майпа та аталантарни пысăк вырăн йышăнать. Халăхăн пĕр пайĕ хушшинче тĕрĕс мар шухăш кĕрсе вырнаçнă, вĕсем: столовăй вăл ирĕксĕр кирлĕ пулакан япала кăна, тесçĕ. Обществăлла апатланăвăн хăшпĕр работникĕсем хăйсен ĕçĕ çине çиелтен пăхни, тутлă апат-çимĕç хатĕрлеме кирли çинчен манни, апатланма пыракансене хăвăрт тата культурăллă пăхма кирлине манни çав йăнăш шухăша тытăнса тăма сахал мар пулăшать.

Обществăлла апатланура та, кирек хăш ĕçри пекех пурне те кадрсем татса параççĕ Обществăлла апатланура повар пирĕн чи ответлă работникĕсенчен пĕри, повар профессийĕ чи хисеплĕ те хаклă профессисенчен пĕри шутланать, мĕншĕн тесен нумай миллион çынсен сывлăхĕ тата вĕсен кулленхи ĕçри пултарулăхĕ тӳррĕмĕнех повар ĕçĕнчен нумай килет.

Юлашки вăхăтчен столовăйсенче ĕçлекенсене ĕç укçине вĕсем ĕç нормисене укçа-тенкĕ енĕпе мĕнле тултарнине кура тӳленĕ. Çак йĕрке хакла ларакан блюдăсем хатĕрлеме çеç хавхалантарнă. Çав вăхăтрах пахча çимĕçрен, çăнăхран тата кĕрнесенчен çимĕçсем хатĕрлессине кансĕрлесе тăнă, хатĕрлекен апат-çимĕçĕн пахалăхне чакарнă.

Халĕ ку чăрмава пĕтернĕ. 1953 çулхи октябрьтен пуçласа вăтам тата пысăк столовăйсен кухнисенче ĕçлекенсене ĕç укçине блюдăсем кăлармалли нормăсене тултарнине кура тӳлемелле тунă.

Кунта обществăлла апатланăвăн тĕп вырăнта тăракан предприятийĕсем çинчен тата вĕсен кашнинех мĕнле вырăн йышăнмалла тивĕçли çинчен калаcа хăварни кирлĕ. Предприяти çумĕнчи столовăйĕнче ялан пĕр çынсемех апатланаççĕ, апла пулсан ку столовăйсем апатланакансем мĕн ыйтнине тата мĕне ытларах килĕштернине туллинрех шута илме пултараççĕ. Заводсенче, фабрикăсенче тата шахтăсенче лайăх ĕçлекен столовăйсем те сахал мар ĕнтĕ. Сăмахран, «Орджоникидзеуголь» трестăн столовăйĕсене, «Ленинефть» трестăн столовăйĕсене, Кривой Рог хулинчи металлургсен столовăйне тата ыттисене те асăнма пулать. Анчах, шел пулин те, япăх ĕçлекен, ĕçсыннисен кăмăлне пăшăрхантаракан столовăйсем те сахал мар. Предприятисен директорĕсемпе обществăлла апатланăвăн работникĕсен предприятисем çумĕнчи столовăйсен ĕçне тĕпренех лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать.

Хăшпĕр работниксем çапла шутлаççĕ: закусочнăйсен шучĕ хăвăрт ӳсни обществăлла апатланăва кансĕрлени пулать, теççĕ. Кунашкал шутлани вăл тĕрĕс мар. Закусочнăйсем питĕ пысăк та кирлĕ задачăна татса пама пулăшаççĕ—вĕсем кăнтăрлахи кану вăхăтĕнче хăвăрт лайăх тата тутлă апат çырткаласа илме май параççĕ. Пирĕн лайăх йĕркеленĕ, культурăллă закусочнăйсен шутне ӳстерес пулать.

Çавнашкалах студентсен столовăйĕсемпе буфечĕсене чылай лайăхлатас тĕлĕшпе те кирлĕ мерăсем йышăнас пулать, апата студентсен бюджечĕсене шута илсе хатĕрлессине организацилемелле.

Обществăлла апатланăвăн предприятийĕсен ĕçне çапла йĕркелемелле: пынă çын апат парасса кĕтсе вăхăта нумай ан ирттертĕр, канлĕ тата вăхăтпа тĕрĕс усă курса апатлантăр. Павлов академик çине тăрсах çапла сĕннĕ: çинĕ чух васкама, хăвăрт çиме кирлĕ мар, тенĕ, мĕншĕн тесен «васкаса чăмланă пирки çисе килеессе, сисĕм-туйăм хускални çителĕклĕ пулаймасть. Çавăн пирки сĕткен те апата ирĕлме кирлĕ таран пулаймасть» (Сочиненисем, 2 т., 1-мĕш кĕнеке, 262 стр.).

Шкулта ачасен апатланăвне тĕрĕс организацилени те совет çемйине пысăк çăмăллăх кӳрет. Нумай шкулсенче пирĕн лайăх йĕркеленĕ буфетсем пур. Анчах шкул ачисене буфетсенче апатлантарассине халĕ те начар йĕркеленĕ: шкулсенче столовăйсем çитмеççĕ. Шкулсенчи буфетсемпе столовăйсене, ачасене апатлантарас ĕçе ачан ӳсе пыракан организмĕн уйрăмлăхĕсене шута илсе туса йĕркелемелле.

Обществăлла апатланăвăн предприятийĕсенче тĕрлĕ ассортиментлă блюдăсем хатĕрлени кирлĕ, çав блюдăсем илемлĕ, илĕртӳллĕ пулмалла тата сисĕм-туйăма хускатмалла. Хатĕрленĕ апата тата кулинари япалисене киле парса ярассине анлăн туса пымалла, çапла туни те килхуçи хĕрарăмĕн ĕçне çăмăллатать.

Ресторансен ĕçне лайăхлатас, апатланма пыракансене культурăллă кĕтсе илессине йĕркелес пулать, тĕрлĕ паха блюдăсем хатĕрлес ĕçе чылай лайăхлатни кирлĕ. Ĕçе çапла йĕркелемелле: ресторана çемйипех пыма, ресторанта хăнасем йышăнма, унта çемьери уява паллă тума пултарччăр, çапла вара упăшкишĕн кăна мар, арăмĕшĕн те праçник пултăр. Чăнта, хăнасене килте йышăнни, килтисемшĕн пуриншĕн те праçник пулса тăрать, килхуçи хĕрарăмĕ вара пынă хăнасемшĕн ялан тăрмашсах ирттерет, çакă ăна питĕ ывăнтарать. Юлашкинчен, вокзалсенчи, пристаньсенчи, аэропортсенчи ресторансен ĕçне йĕркене кĕртес пулать. Вагон-ресторансен ĕçне те татăклăнах лайăхлатни кирлĕ.

Халăх массăллăн каннă чухне тата демонстрацисем вăхăтĕнче ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтересси те пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулать. Çак ĕçе тума куçса çӳрекен предприятисем кирлĕ. Çавнашкал предприяти пулăшнипе хулан кирек хăш вырăнĕнче те, хула тулашĕнче те халăх ыйтăвне хăвăрт тивĕçтерме пулать.

Обществăлла апатлану предприятийĕсем кăçалхи çул пуçламăшĕнче 106 пин пулнă. 1940 çултипе танлаштарсан, 24,3 процент ӳснĕ. Çак хисеп пире тивĕçтерме пултараймасть, обществăлла апатлану предприятийĕсен ӳсĕмĕ хуласен экономикăлла аталанăвĕнчен юлса пырать. Çĕнĕрен лартнă пурăнмалли пысăк çурт-йĕрсем йышлă çĕрте те столовăйсемпе закусочнăйсем çителĕксĕр ӳснине кăтартакан тĕслĕхсем сахал мар, ун пек тĕслĕхсем Мускавра та пур. Мускав хулинчи Ново-Песчаная тата «Текстильщики» урамсем патĕнчи поселоксем, вĕсенче пурăнакан халăх йышне илсе пăхсан, хăйсем хуласемпе танлашаççĕ, анчах унта столовăйсем те, закусочнăйсем те çук. Çак ситменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес пулать. 1954—1956 çулсенче ресторансем, столовăйсем, закусочнăйсем, обществăлла апатланăвăн ытти предприятийĕсем çĕнĕрен 11 пин уçма палăртнă.

Пирĕн хĕрарăмсен килти ĕçне çăмăллатмалли майсенчен пĕри вăл пирĕн промышленность котлетсем, аш-какайран та, пулăран тунă пĕçермелли çимĕçсем тата кулинари енĕпе ытти япаласем туса кăларассине тата вĕсене магазинсенче сутассине ӳстерни пулать. 1955 çулта, 1953 çултипе танлаштарсан, сосискăсемпе сарделькăсем туса кăларасси икĕ хут ытла, аш-какайран тунă пĕçермелли çимĕçсем туса кăларасси виçĕ хут, пельменсем туса кăларасси икĕ хут, аш-какай котлечĕсем туса кăларасси 1,8 хут ӳсет. Пулăран хатĕрлесе тунă çимĕçсемпе филе, аш-какайпа пулăран çимĕçсем туса кăларасси тата сутасси те хăвăрт вăйланмалла.

Тумтирсем çĕлекен ательесемпе мастерскойсем анлăн аталанни, фабрикăсенче çĕленĕ паха тумтирсем сутассине хăвăрт ӳстерни те пирĕн совет хĕрарăмĕсен ĕçне мĕн чухлĕ те пулин çăмăллатать, мĕншĕн тесен вĕсен тумтире час-часах хăйсен килĕсенче çĕлеме тивет. Хĕрарăмсен килти ĕçне чылай çăмăллатма май паракан прачечнăйсен, кĕпе-тумтире химилле майпа тасатмалли, атă-пушмак тата кĕпе-тумтир çĕлекен мастерскойсен шутне, ĕçсыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен çавнашкал ытти предприятисен шутне хăвăрт ӳстерес пулать.

## Суту-илӳ культурине ӳстермелле

Çĕршывра таварсем мĕн чухлĕ ытларах пулаççĕ, совет потребителĕ тавар пахалăхне çавăн чухлĕ ӳстерме, тата, вăл кăна мар, таварсем сутас ĕçе те лайăхлатма хушать. Суту-илӳ организацийĕсен чи кирлĕ задачисенчен пĕри — советла суту-илӳ культурин шайне вăйлăн ӳстересси.

Суту-илӳ культури вăл магазина тулаш енчен илемлĕн йĕркелессине, суту-илӳ залĕнче тата хушма çуртсенче тасалăхпа йĕркелĕх пулмаллине кăна пĕлтермест, вăл тата таварсене илемлĕн йĕркелесе хурассине те, мĕнпур пуян та тĕрлĕ йышши ассортиментсене лайăх кăтартмалла тăвассине, таварсене хăвăрт алла парассине—тавар илекене ытти пулăшусем парассине—кĕпесене лайăх вырнаçакан тума, материалсене касса пама, таварсене киле леçсе пама кирлине те пĕлтерет.

Магазин тĕрĕс-тĕкĕл, культурăллă ĕçлесси чи малтан магазин директорĕнчен килет. Суту-илӳ предприяти директорĕ лайăх организатор, суту-илӳ работникĕсен культурăллă воспитателĕ, суту-илӳ ĕçне ăста пĕлекен çын пулмалла, унăн тавар илекенсем тавар пахалăхĕ пирки асăрхаттарса каланисене тимлĕн итлемелле, промышленность енчен çак ыйтусене пурнăçа кĕртмелле тума тăрăшмалла.

Пирĕн лайăх универмагсем, апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен магазинĕсем пур Вĕсенче тавар илекене кăмăллă пултăр тесе, суту-илĕве культурăллă организацилес тесе чăннипех тăрăшаççĕ. Анчах та суту-илĕвĕн пĕтĕмĕшле культури çĕнĕ ыйтусене тивĕçтереймест-ха. Пирĕн задача çакăн пек: тавар çаврăнăш планне ăнăçлăн тултарассишĕн кĕрешнĕ вăхăтрах, тавар илекенĕн ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерессишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатса пымалла, суту-илĕвĕн мĕнпур сыпăкĕсене çĕнĕллĕхе анлăрах кĕртсе пымалла, çапла вара мĕнпур суту-илӳ предприятийĕсене малтисен шайне çитме пулăшмалла.

Суту-илӳ культурине ӳстермелли тĕп ыйтусенчен пĕри вăл—апат-çимĕçпе промышленность таварĕсене лайăх та илемлĕ чĕркесе сутасси пулать. Ку тĕлĕшпе промышленность пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Унăн хăйĕн ĕçне улăштарса çĕнетмелле, тавара малтанах ваккăн виçевиçе чĕркесе кăлармалла. Анчах суту-илӳ работникĕсен те нумай ĕçлемелле. Час-часах таварсене хутпа начар чĕркесе пареççĕ. Вăлча, тăпăрч, хăйма, пыл, варенье, повидло илес пулсан, тавар илекенĕн хăйĕн савăт-сапипе пымалла пулать. Асăннă таварсене сутма кирлĕ савăт-сапасене промышленносран хăйĕнчен илме тăрăшас пулать.

Юлашки çулсенче пысăк ситменлĕхсем тĕл пулаççĕ пулсан та, чылай апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем сутас ĕçĕн культури ӳсрĕ, анчах пахча çимĕçпе çĕрулми сутас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе питех те сахал тунă. Нумай суту-илӳ работникĕсем çĕрулмипе пахча çимĕçе час-часах лайăх тасатмасăр, тăприпех, виçсе параççĕ, шăннă çимĕçсем сутаççĕ. Çак çимĕçсене илес тесен тавар илекенĕн обязательнă корзинкăпа е михĕпе пымалла пулать. Çакна тек чăтма çук. Тавар илекенсене çĕрулмине юри хатĕрленĕ хут михсемпе е сеткăсемпе, йӳçĕтнĕ купăстана—банкăсемпе е пĕчĕк пичкесемпе сутма вăхăт ĕнтĕ.

Суту-илӳ организацийĕсен нумай работникĕсем продавецсен ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан механизмсемпе усă курма сахал тăрăшаççĕ. Çак механизмсемпе усă курни продавецсен ĕçне чылай çăмăллатать тата таварсене тĕрĕс сутма пулăшать. Задача çакăн пек: çăмăлтарах механизмсемпе ытларах усă курмалла, суту-илӳ культурине ӳстерме пулăшакан çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртсе пымалла.

Суту-илӳ культури реклама ĕçне лайăх йĕркелеме хушать. Пирĕн совет рекламин задачи çакăн пек: тавар çинчен халăха тĕрĕс калаcа панипе пĕрлех, халăха çĕнĕ таварсем ыйтма, çĕнĕ таварсем ытларах туянма хăнăхтарас пулать, çĕнĕ таварсем çинчен пропаганда сармалла, вĕсемпе мĕнле усă курмалли çинчен ăнлантарса памалла. Пирĕн совет реклами капитализмла конкуренци кăларса тăратакан ытлашши иртĕхӳрен ирĕклĕ. США-ра, тĕслĕхрен, 1951 çулта реклама валли 6,5 миллиард доллар расходланă. Ку вăл Америка правительстви халăха вĕрентес ĕçпе социальнăй ĕçсем валли уйăрса панă расходсенчен 2,3 хут ытларах пулать. Капитализмла çĕршывсенче реклама тавар илекенсен интересĕсене пăхăнмасть, вăл фирмăсем хушшинче тавар илекеншĕн пыракан конкурентлă кĕрешӳ хатĕрĕ пулса тăрать, вăл час-часах халăха улталамалли ĕç пулса тăрать.

Совет рекламинче малти вырăнта тавара мĕнрен туни çинчен, унăн пахалăхĕ çинчен тĕрĕс, вырăнлă, витĕмлĕ сăмах пулмалла. Нумайăшĕ пирĕн аслă поэт Маяковский рекламăсем валли çырнă асра юлакан çак сăмахсене астăваççĕ:

«Иккĕленмешкĕн кирлĕ мар:
Хĕрарăма паха тавар,
Чи чаплă тум
Туянтарать пĕртен-пĕр ГУМ».
«Кунтан та лайăх ĕмкĕч çук,
Çăварăнта вăл — пыл та çу.
Сана, тетте пек ĕмкĕчĕм,
Ватта çити эп ĕмĕттĕм».
«Çăра соуспа чечен салатшăн,
Тĕрлĕ çимĕçшĕн-апатшăн
Çак çăва ас ил ялан,
Техĕмлĕ вăл. пит аван».

Пирĕн реклама чылай чухне ытла та тĕссĕр, пĕр пекрех, витĕмсĕр. Хальхи вăхăтра, тĕслĕхрен, çакăн пек реклама курма пулать: «Главпиво» завочĕсен сăрине кăна ĕçĕр». Пирĕн çĕршывра реклама ĕçне чăннипе вăйлатни кирлĕ. вăл тавар илекене усăллă канаш паракан помощник пулмалла. Реклама ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе рекламăпа витринăсем тума кирлĕ инвентарьпе материалсене кустарлă майпа туса кăларас вырăнне бучуххехи майпа туса кăларни кирлĕ.

Шел пулсан та, продавецсем тавар илекен çын çине тимсĕр, час-часах тата сиввĕн пăхни те пулкалать. Кăна текех тӳсме çук. Совет магазинĕнче ĕçлекен работникăн тавар илекене хисеплес пулать. Кăмăллă пулас тĕлĕшпе пирĕн малалла чылай утăмсем тумалла. Кăмăллă пуласси магазинсенче те, трамвайсем çинче те сахал, вăл урамсенче те сахал. Пĕр-пĕрне, хĕрарăма, ачасене хисеплеме пĕлмелле—çавăн пек задача тăрать.

Магазинсенче пĕр-пĕрне хисеплесе кăмăллани кирлĕ. Халĕ пĕр-пĕрне хисеплесе кăмăлласси ытла та сахал-ха. Пĕр çак факт кăна мĕне тăмасть пулĕ: Сталинград универмагĕнче пĕр хĕрарăм пир-авăр таварĕсем сутакан пайра ĕçлекен продавщицăран: ăçта бязь тупса илме пулать, тесе ыйтсан, продавщица ăна: «Эпĕ сире справка паракан бюро мар, гражданочка» тенĕ.

Пирĕн совет çынни магазина пырать пулсан, хăйне тивĕçтерекен тавар илмесмай килнĕшĕн, хăй илнĕ тавар пахалăхĕ лайăх пулнăшăн, ăна лайăх чĕркесе панăшăн унăн кăмăл-шухăшĕ çĕклентĕр, вăл хăй илнĕ тавар килтисене—çитĕннисене те, ачасене те савăнтарма пултарассине шанса тăтăр. Çакăн пек кăмăллă пуласси тавар илекен çине мĕнле пăхнинчен, ăна çак тавара мĕнле формăпа сĕннинчен, вăл тавар илсе мĕн чухлĕ вăхăт ирттернинчен те килет. Çакăнтан акă мĕн тухса тăрать: суту-илӳ работникĕн тавар илекене ăшă кăмăлпа йышăнмалла.

Суту-илӳ работникĕсем тавар илекенсене ăшă кăмăллă пулма, хăйсен ĕçне хисеплеме ыйтаççĕ. Тавар илекен хăшпĕр çынсем продавецсем умне сăлтавсăрах тĕрлĕ претензисем кăларса тăратаççĕ, хăшпĕр чухне продавецсем çине ирĕнсе пăхни çинчен калакан фактсем те пулаççĕ.

Советла суту-илӳ ĕçне тăвакансем çине ирĕнсе пăхасси вăл ĕлĕкхи йĕркерен юлнă йăла. Çавăн пек пăхнине татăклăнах пĕтерме вăхăт Пирĕн советла суту-илӳ ĕçне тăвакансем пуяс-улталас шухăшран ирĕклĕ. Вĕсем социализмла ĕçченсен отрячĕсенчен пĕри пулса тăраççĕ, вĕсен халăх ыйтăвĕсене куллен тивĕçтерсе пырас хисеплĕ задачăна пурнăçламалла. Сталин юлташ каланă пек каласан, пирĕн çĕршывра суту-илӳ ĕçĕ тахçанах большевикла тăван ĕç пулса тăнă, суту-илӳ работникĕсем вара, вĕсем тӳрĕ кăмăлпа ĕçлесçĕ пулсан, пирĕн большевикла революцилле ĕçе пурнăçлакансем пулса тăраççĕ.

Государствăпа кооперации суту-илĕвĕнче виçĕ миллион çын ытла ĕçлет. Ку вăл ĕçченсен пысăк çарĕ. Пирĕн ĕçĕн ăнăçлăхĕ кадрсене суйласа илес, хатĕрлес, воспитани парас ĕçсене лайăхлатнинчен килет. СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ СССР Суту-илӳ министерствине 5 аслă шкул тата Центросоюза пĕр институт пама решени йышăнчĕ. Çак аслă шкулсенче вĕренме илессине чылай ӳстермелле пулать. Çак вăл студентсене аслă шкулсенче вĕрентессине суту-илӳ ыйтăвĕсемпе тата практикипе çыхăнтарать тата Суту-илӳ министерствине суту-илӳ тĕлĕшпе ĕçлекен аслă шкулсенчи наука работникĕсен пулăшăвĕпе тĕрекелтет. Хальхи вăхăтра эпир наукăсăр суту-илӳре те малалла каймa пултараймастпăр.

Пирĕн çавăн пекех практика тĕлĕшĕнчен пысăк опыт илнĕ суту-илӳ работникĕсенчен аслă тата вăтам пĕлӳ илнĕ специалистсем хатĕрлеме ертсе пыракан работниксен икĕ çуллăх курсĕсенче тата суту-илĕвĕн аслă шкулĕнче вĕрентсе кăларассине чылай ӳстермелле. Çак курсемпе шкулта вĕрентме кашни çул 1 200 çын таран илмелле. Пĕтĕм Союзри заочнăй суту-илӳ институтне тата техникумсен

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

# А. И. Микоян юлташӑн докладӗ

(Юлашки).

заочнӑй уйрӑмӗсенче вӗрентме илессине те чылай ӳстермелле.

Тӗрлӗ курссенче, суту-илӳпе кулинари шкулӗсенче, ҫавӑн пекех пӗчченшерӗн те тата бригадӑсенче те вӗрентсе продавецсем, поварсем тата ытти массӑллӑ професси работникӗсем хатӗрлессине чылай ӳстермелле. Ҫакӑ вӑл ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулсенчен вӗренсе тухнӑ ҫамрӑксенчен кадрсем хатӗрлеме кирлӗ пахаӗҫ пулса тӑрать. Пирӗн 1954—1955 ҫулсенче кашни ҫул суту-илӳпе кулинари шкулӗсенче тата специализациленӗ суту-илӳ шкулӗсенче 25 пин ҫын таран, ҫакӑн чухлех пӗччӗншерӗн тата бригадӑсенче вӗрентсе хатӗрлемелле. Кунсӑр пуҫне суту-илӳ работникӗсен квалификацине ӳстерес тесе 128 пин ҫынна курссенче вӗрентсе хатӗрлемелле.

Суту-илӳ организацийӗсен нумай работникӗсем кадрсем суйласа илесси ҫине ҫаплах тимсӗр пӑхаҫҫӗ, вӗсене практикӑлла ӗҫре сӑнаса вӗренмеҫҫӗ.

Суту-илӳ работникӗсене таварсемпе материальнӑй пурлӑх нумай шанса панӑ. Вӗсен ҫак пурлӑха куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхламалла. Ҫав вӑхӑтрах суту-илӳ предприятийӗсенче ҫаплах растратӑсемпе ҫаратусем пулаҫҫӗ. Ревизисем тӑтӑшах пулса иртнӗ пулсан та тата кашни уйӑхра тенӗ пекех пулнӑ пулсан та ҫиелтен пӑхаҫҫӗ. Халӗ ӗнтӗ ревизисене час-час мар, анчах тӗплӗн, квалификациллӗ работниксене хутшӑнтарнипе туса ирттерме решени йышӑннӑ. Государство пурлӑхӗпе материальнӑй пурлӑхсене тӗрӗс-тӗкӗл сыхласа тӑмалла тӑвас тӗлӗшпе суту-илӳ работникӗсем умӗнче тӑракан задача ҫакӑн пек: растратӑсемпе ҫаратусем пулма май ҫук йӗрке туса хурас пулать, ревизисене вӑхӑтра, документсем тӑрӑх тӗплӗн тӗрӗслесе ирттерес пулать, магазинсенче, складсенче, базӑсенче инвентаризаци ирттерес пулать.

Эпир советла суту-илӳ пысӑккӑн вӑйланма тытӑнас тапхӑр умӗнче тӑратпӑр. Пирӗн партин суту-илӳ ӗҫӗнчи ҫул-йӗрне тытса пымалла тӑвассишӗн кӗрешес ӗҫре хаҫат пысӑк хатӗрсенчен пӗри пулать. Ҫавӑнпа та хальхи вӑхӑтра суту-илӳ хаҫачӗ туса хуни ӑнсӑртран пулнӑ ӗҫ мар. Ҫак хаҫат 1953 ҫулхи ноябрь уйӑхӗнчен пуҫласа тухма тытӑнать. Ӑна кӑлармалла туни пысӑк ӗҫ. Пире халӗ ӗнтӗ малта пыракан опыта сарма, суту-илӳри мӗнпур ҫӗннине, малта пыраканнине, малашлӑхлине пӗлсе тата хӑвӑрт тытӑнса ҫӳле ҫӗклеме, вилсе, кивелсе пыраканнисене питлеме Пӗтӗм Союзри пичет трибуни кирлӗ. Хаҫатра потребитель сасси, вӑл суту-илӳпе промышленность умне кӑларса тӑратакан ыйтусем ялан илтӗнсе тӑмалла. Вӑл ҫак хаҫата вуласа, унта советла суту-илӳ работникӗсене кӑна мар тата хӑйне интереслентерекен ыйтусене те тупса вулама пултартӑр.

Суту-илӳ енӗпе ӗҫсыннисен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессине лайӑхлатма кирлӗ условисенчен пӗри вӑл магазинсем, столовӑйсем, ресторансем, кафесем, закусочнӑйсем тавар илекенсен анлӑ массисемшӗн кирлӗ сехетсенче ӗҫлесе тӑни пулать. Юлашки уйӑхсенче кашни республика, кашни хула тӑрӑх магазинсем, столовӑйсем, ресторансем, кафесем, закусочнӑйсем ӗҫлесе тӑмалли вӑхӑтсене ҫирӗплетсе панӑ, вӗсене нумайӑшне сменӑсем хушса панӑ. Кунта тата вырӑнти условисемпе уйрӑмлӑхсене, тӗрлӗ категорире тӑракан суту-илӳ предприятийӗсен спецификине шута илнӗ. Халиччен кун пек туни пулман.

## Суту-илӗвӗн материаллӑ-техникӑлла базине ҫирӗплетмелле

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче ҫӗнӗрен 136 пин магазин тата 85 пин палатка уҫнӑ, специализациленӗ магазинсен шучӗ ӳснӗ. Халӗ специализациленӗ магазинсем 43 пине яхӑн пур. Хуласемпе рабочи поселоксенчи мӗнпур магазинсенчен 45 проценчӗ специализациленӗ магазинсем. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче уйрӑмах атӑ-пушмак сутмалли специализациленӗ магазинсен хисепӗ хӑвӑрт ӳснӗ. 1953 ҫулта ҫав магазинсен хисепӗ, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, 9,5 хут ӳснӗ, пир-авӑр сутмалли специализациленӗ магазинсен хисепӗ—4,4 хут, тумтир сутмалли магазинсен хисепӗ—1,7 хут ӳснӗ. Специализациленӗ магазинсенче тавар илекенсем валли лайӑхрах майсем тӑваҫҫӗ, халӑха мӗнле таварсем кирлине тӗплӗнрех шута илеҫҫӗ.

Анчах сӗрӗшывра ваккӑн сутакан тавар ҫаврӑнӑшӗ суту-илӳ предприятийӗсен хисепӗ ӳснинчен хӑвӑртрах аталанса пычӗ. 1953 ҫулта ваккӑн сутакан тавар ҫаврӑнӑшӗ, танлаштармалли хакпа шутласан, 1940 ҫулхинчен 79 процент ӳснӗ, ҫав вӑхӑтрах ваккӑн тавар сутакан суту-илӳ предприятийӗсен хисепӗ кӑҫалхи ҫулӑн пуҫламӑшӗ тӗлне пурӗ те 8,4 процент ҫеҫ ӳснӗ, унти ӗҫ вырӑнӗсем вара 7,8 процент ӳснӗ. Ҫакӑ, паллах ӗнтӗ, тавар илекенсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес ӗҫ пахалӑхне чакарнӑ, хӑшпӗр хуласенчи магазинсен ытлашши нумай ӗҫ тума тивнӗ.

Ҫакна палӑртас пулать: юлашки вӑхӑтра ҫӗр кӑмрӑк, нефть, ҫавӑн пекех металлурги промышленноҫӗн министерствисем шахтӑсенче, промыслсенче тата заводсенче оборудованипе лайӑх йӗркеленӗ магазинсем тата столовӑйсем тӑваҫҫӗ. Анчах чылай суту-илӳ организацийӗсем 1953 ҫулта суту-илӳ предприятийӗсен хисепне ӳстермелли задание ҫитлӗксӗр пурнӑҫлаҫҫӗ.

Украина ССР-ӗнчи вырӑнти торгсем тӑрӑх (министрӗ Сахновский юлташ) ҫулталӑкра 285 магазин [illegible] уҫма палӑртнӑ, пӗрремӗш ҫур [illegible] магазин ҫеҫ уҫнӑ: Белоруссии С[illegible]министрӗ Котоволов юлташ) ҫул[illegible]7 магазин ҫӗнӗрен уҫма палӑртн[illegible] пӗрремӗш ҫур ҫулта 21 магазин ҫеҫ уҫнӑ.

Тӗрлӗ сӑлтавсем тупса ӗҫлекен магазинсене хупаҫҫӗ. Ҫак чӑтма ҫук тӗслӗхсем ҫине уйрӑмах тимлӗн пӑхмалла. Кӑҫалхи пӗрремӗш ҫур ҫулта тӗрлӗ сӑлтавсем тупса 1.940 магазин хупнӑ.

Суту-илӗвӗн вырӑнти органӗсем ӗҫ ҫине ҫиелтен пӑхнӑ пирки суту-илӳ тумалли суртсене туртса илеҫҫӗ, вӗсемпе тӗрӗс мар усӑ кураҫҫӗ. Мускавра суту-илӳ предприятийӗсен пысӑк йывӑрлӑхсем тӳссе ӗҫлеме тивет. Ҫав вӑхӑтрах ҫӗнӗ суртсен пӗрремӗш хучӗсенче 100 ытла суту-илӳ ҫурчӗсемпе тӗрӗс мар усӑ кураҫҫӗ. СССР Суту-илӳ министерстви, Мускав Совечӗпе пӗрле, ҫав суртсене пушатас, вӗсемпе тӗрӗс усӑ курас тӗлӗшпе мерӑсем йышӑнать. Ҫавӑн пек ӗҫе Совет Союзӗнчи ытти хуласенче те туса ирттермелле.

Чылай ҫӗрте магазинсене вырнаҫтарас ӗҫ хӑй тӗллӗн пулса пырать, анчах суту-илӗвӗн вырӑнти органӗсем ҫав ҫитменлӗхе пӗтерме, магазинсене тӗрӗс вырнаҫтарма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ.

Хуласенче суту-илӳ предприятийӗсене вырнаҫтарас ӗҫри чылай ҫитменлӗхсене пӗтерес шутпа суту-илӳ предприятисене пысӑклатма пулать, анчах ун пек тӑвас пулсан, вӑл тавар илекенсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме пулӑшнине тата усӑллӑ пулнине асра тытмалла.

1952—1953 ҫулсенче Мускав хулинчи суту-илӳ организацийӗсем 182 пӗчӗк магазина пӗрлештерсе тата суту-илӳ тумалли 19 ҫуртпа усӑ курса, апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсем сутакан пысӑкланнӑ 88 магазин уҫнӑ. Мускавсӑр пуҫне, магазинсене ытти хуласенче те — Ленинградра, Ригӑра, Киевра, Одессӑра пысӑклатаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл пысӑк та усӑлӑ ӗҫӗн пуҫламӑшӗ ҫеҫ. Техника тӗлӗшӗнчен пӑхсан, нумай магазинсем япӑх, ҫав магазинсен ҫурчӗсене тӗпрен юсамалла. Суртсен хуҫисем, яланхи пекех, суртсене тӗпрен юсама килӗшмен, суту-илӳ организацийӗсен тара илнӗ ҫуртсене тӗпрен юсама укҫа-тенкӗ расходлама право пулман. Халӗ мӗнпур суту-илӳ организацийӗсене ҫакӑн пек право панӑ: вӗсем тара илнӗ ҫуртшӑн тӳлекен укҫаран 50 процентне ҫав ҫуртсене тӗпрен юсама расходлама пултараҫҫӗ.

Ваккӑн сутакан суту-илӳ предприятийӗсен хисепне ӳстерессипе юлса пынине пӗтерес тӗлӗшпе 1954—1956 ҫулсенче хуласемпе ялсенче ҫӗнӗрен 40 пин магазин туса лартма тата уҫма палӑртнӑ. Юлашки виҫӗ ҫул хушшинче ҫӗнӗрен 19 пин магазин туса уҫнӑ. Ҫитес виҫӗ ҫул хушшинче облаҫсен центрӗсемпе промышленноҫлӑ хуласенче 100 пысӑк тата вӑтам универмаг туса лартма палӑртнӑ.

Суту-илӗвӗн материаллӑ-техникӑлла базине тума укҫа-тенкӗ уйӑрса парасси нумай ӳсет. Ҫав ӗҫ валли Суту-илӳ министерствине, 1953 ҫулта 750 миллион тенкӗ уйӑрса панӑ пулнӑ, 1954 ҫулта 1.700 миллион тенкӗ, урӑхла каласан 2,3 хута яхӑн нумайрах укҫа уйӑрса параҫҫӗ.

Ҫитес вӑхӑтра Мускаври Хӗрлӗ площадьре Совет Союзӗнчи чи пысӑк универсальнӑй магазинсенчен пӗри — ГУМ уҫӑлать. Ӑна ку чухнехи малта тӑракан суту-илӳ техникипе хӗҫпӑшаллантараҫҫӗ.

Революциччен Хӗрлӗ площадьри суту-илӳ тумалли ҫак ҫуртӑн ҫӳлти речӗсенче нумай фирмӑсен 240 яхӑн суту-илӳ тумалли пӗчӗк предприятийӗсем пулнӑ. Вӗсенче халиччен тӗрлӗ учреждениссем вырнаҫнӑ. Халӗ пушатнӑ, ГУМ валли ҫӗнетсе йӗркелеҫҫӗ. Универсальнӑй магазинра — ГУМ-ра совет ҫынни хӑйне кирлӗ тӗрлӗ тата паха тавар туянма пултарӗ.

Универмагра уйрӑм ҫынсем панӑ заказӗсем тӑрӑх арҫынсемпе хӗрарӑмсем валли кӗпе-тумтир ҫӗлекен пысӑк мастерскойсем пулаҫҫӗ. ГУМ-ӑн пӗрремӗш хутӗнче Главгастрономӑн апат-ҫимӗҫ сутакан чи пысӑк магазинӗ уҫӑлать. ГУМ-ра пӗр вӑхӑтрах пин ытла продавец ӗҫлемелле, прилавкӑсен пӗтӗмӗшле тӑршшӗ 2,5 километр пулать.

Паллах, ҫӗнӗ ГУМ кивӗ ГУМ евӗрлӗ пулмасть. Хӑй вӑхӑтӗнче Маяковский калани пуриччен ытларах ҫӗнӗ ГУМ-а килӗшерех парать. Вӑл рекламӑра ҫапла ҫырнӑ: «Хырӑм, ӳт, ӑс мӗн ыйтать — ҫынна мӗн кирлине пӗтӗмпех ГУМ туянтарать» тенӗ. Эпир суту-илӳ ӗҫӗ пӗтӗмӗшпе ГУМ-па танлашмалла тӑвасшӑн. Мускавра, ӗлӗкхи Лубянски пассажӑн ҫуртӗнче, халӗ тӗрлӗ учреждениссем вырнаҫнӑ. Унта «Ача-пӑча тӗнчи» универмаг уҫма палӑртнӑ. Ҫав универмагра 300 ӗҫ вырӑнӗ пулать. Ҫакӑ вӑл пӗчӗк совет потребителӗсен ГУМ-ӗ пулать. Пысӑк магазинсем тата ытларах уҫмалла пулать.

1949 ҫулта государствӑн суту-илӳ тӑвакан организацийӗсене пӑхӑнса тӑракан апат-ҫимӗҫ таварӗсем сутакан магазинсемпе столовӑйсен пилӗк процентӗнче ҫеҫ шӑнтмалли оборудовани пулнӑ. 1953 ҫулхи июлӗн 1-мӗшӗ тӗлне государствӑн суту-илӳ тӑвакан организацисене пӑхӑнса тӑракан магазинсенче компрессорсен хисепӗ, 1949 ҫулхипе танлаштарсан, 7 хута яхӑн, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, 12,5 хут ӳснӗ.

Ҫак ҫулӑн пуҫламӑшӗ тӗлне СССР Суту-илӳ министерствине пӑхӑнса тӑракан хӑвӑрт пӑсӑлакан таварсем сутакан магазинсенчен 54 проценчӗ, столовӑйсемпе ресторансенчен 50 проценчӗ машинӑсемпе шӑнтмалли хатӗрсемпе хӗҫпӑшалланнӑ пулнӑ. Ҫитес виҫӗ ҫул хушшинче шӑнтмалли компрессорсен тата шӑнтмалли оборудовани туса кӑларассине виҫӗ хутран кая мар ӳстерме палӑртнӑ. Ҫавӑнпа пӗрлех вӗсен конструкцине малалла лайӑхлатса ҫӗнетмелле.

Суту-илӳ ӗҫне тӗрӗс организацилесси складсен хуҫалӑхне лайӑх йӗркеленинчен нумай килет.

Хальхи вӑхӑтра складсен хуҫалӑхӗ йӑлтах юхӑннӑ. Шӑнтмалли складсем туса лартас тӗлӗшпе ҫеҫ эпир пысӑк утӑм турӑмӑр. Халӗ вӗсен лаптӑкӗ, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, икӗ хут ӳсӗ. Техника шайӗ енчен пирӗн шӑнтакан хуҫалӑх кирек хӑш малта пыракан капитализмла ҫӗршывсенчи хуҫалӑхран кайра тӑмасть. Анчах курттӑмӑн сутакан организацисен апат-ҫимӗҫ усрамалли складсен лаптӑкӗ 1953 ҫулта вӑрҫӑччен хи шая ҫитмен-ха. 1940 ҫулта 528 пин тонна вырнаҫмалӑх складсем пулнӑ пулсан, 1953 ҫулта 300 пин тонна вырнаҫмалӑх пулнӑ.

Вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче ишӗлнӗ пахча ҫимӗҫпе ҫӗрулми хранилищисене вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче юсаса ҫитереймен тата хальхи требованисене тивӗҫтерекен хранилищӗсем кирлӗ чухлӗ туса лартайман. Унтан та ытларах, вӑхӑтлӑха туса лартнӑ хранилищӗсенчен пӗр пайӗ кивелсе ҫитнӗ. Ҫавӑн пирки ҫак ҫулхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне пахча ҫимӗҫпе ҫӗрулми хумалли хранилищӗсен пысӑкӑшӗ 2.396 пин тонна вырнаҫмалӑх, урӑхла каласан, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, 30 процент сахалтарах пулнӑ.

Промышленность таварӗсем усрамалли складсем нумайӑшӗ пӗчӗккӗ, сапаласа лартса тунӑ, таварсене сортласа илсе ваккӑн суту-илӳ тума юрӑхсӑр ҫуртсенче вырнаҫнӑ.

Паллах, лайӑх организаторсем складсем ҫитмесен те ӗҫе йӗркелеҫҫӗ. Ҫавӑнпа лайӑх складсем нумай туса лартасса кӗтсе тӑмасӑр курттӑмӑн суту-илӳ тӑвас ӗҫе лайӑхлатмалла. Халех ваккӑн суту-илӳ тӑвас ӗҫе лайӑхлатма пулӑшас тӗлӗшпе практикӑлла мерӑсем йышӑнмалла.

Ҫӗнӗ складсем туса лартас ӗҫре принцип тӗлӗшӗнчен тӗрӗс мар ҫул-йӗр тытнӑ. Халӗ таварсем курттӑм сутакан кашни организаци хӑй валли хулан тӗрлӗ кӗтесӗсенче уйрӑм, пӗчӗк складсем лартать, оптовӑй складсене территори енчен сапалантарса ярать. Ҫакӑ вӑл ваккӑн суту-илӳ тӑвакан предприятисене тивӗҫтерме кансӗрлет.

Ҫакӑ уҫҫӑн паллӑ: складсем туса лартас, уйрӑмах вӗсемпе усӑ курас ӗҫе йӳнетме, грузсене тиесе пушатас ӗҫе механизацилеме пӗр площадка ҫинче, пӗр е ушкӑн ҫуртсенче пӗрлешнӗ оптовӑй складсем туса лартмалла. Пӗчӗк хуласенче ҫавӑн пек складсене пӗр вырӑнта, пысӑк хуласенче тӗп районсенчи темиҫе вырӑнта туса лартмалла.

Хальхи вӑхӑтра Правительство апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсем усрамалли холодильниксемпе оптовӑй складсем, пахча ҫимӗҫпе ҫӗрулми хранилищисем, вырӑнти торгсем валли ваккӑн тата курттӑмӑн сутакан складсем ҫӗнӗрен туса лартмалли программа ҫирӗплетрӗ.

Сапаланса ларакан, управлени аппарачӗ тытакан тата тавар ҫаврӑнӑшӗ тӗлӗшпе пысӑк расходсем тӑвакан склад хуҫалӑхӗ вырӑнне пирӗн пысӑк, кооперациленӗ, грузсене тиесе пушатас тата складри ытти ӗҫсене механизациленӗ складсем организацилемелле. Ҫав складсенче экспедици ӗҫне пӗрлештермелле.

Склад хуҫалӑхне тӗрӗс йӗркелемелли форма вӑл пӗтӗмӗшле усӑ курмалли складсем пулаҫҫӗ. 1954 ҫулта Мускав, Ленинград, Ростов, Куйбышев, Сталино хулисенче тата ытти хуласенче те пысӑк оптовӑй складсем тума тытӑнма палӑртнӑ.

Склад хуҫалӑхӗ кулленхи запассем валли ҫеҫ мар, ҫавӑн пекех тата халӑха хӗлӗн-ҫӑвӗн тӗрлӗ таварсем парса тӑрас тӗлӗшпе таварсен сезонла запасӗсене усрама пысӑк складсем кирлӗ. Сӑмахран, ҫӑматӑ тӑвакан фабрика ҫулталӑкӗпех ӗҫлет, анчах халӑх кӗркунне е хӗл пуҫламӑшӗнче ҫеҫ ҫӑматӑ туянма тытӑнать. Ҫапла вара, ҫав таварсене ҫулла усрама складсем кирлӗ. Ҫавӑн пекех ҫулталӑкӗпех туса кӑларакан, анчах вӗсемпе сезонта ҫеҫ усӑ куракан галошсем, ҫуллахи пир-авӑр тата сезонла ытти мӗнпур таварсем валли те складсем кирлӗ.

Хӑшпӗр чухне пирӗн ҫакӑн пек пулать: ҫанталӑк сивӗтсен магазинсенче ҫӑматӑ ҫитмест, ҫуркунне тата ҫулла вара, ҫӑматӑ кирлӗ мар чухне, вӗсем магазинсенче пулаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех сезонла ытти таварсем тӗлӗшпе те ҫаплах пулать: ҫуркунне, ҫулла тӑхӑнма кӗпе ҫӗлеме пир-авӑр тата атӑ-пушмак ҫитмест, халӗ ҫав таварсем магазинсенче ҫав тери нумай. Ҫавӑн пекех сезонта туса кӑларакан апат-ҫимӗҫ продукчӗсен—выльӑх ҫӑвӗ, аш-какай, пулӑ, сахӑр—сезонла запасӗсене туса хатӗрлес ыйту ҫивӗччӗн тӑрать. Ҫав продуктсем яланах кирлӗ.

Суту-илӗве организацилес ӗҫе лайӑхлатма тата магазинсене паха таварсем тӑратмалла тума пирӗн ҫитес вӑхӑтра специализациленӗ автотранспортпа анлӑн усӑ курмалла.

Анчах специализациленӗ транспорт ҫитеӗксӗр пирки хӑвӑрт пӑсӑлакан таварсене, хатӗр кӗпе-тумтире, сӗтел-пукана тата ытти таварсен пысӑк пайне грузсем тиекен ахаль машинӑсемпе турттараҫҫӗ. Ҫавӑн пирки таварсем пӑсӑлаҫҫӗ, вӗсен илемӗ чакать.

Пирӗн задача ҫакӑн пек: апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсем турттарас ӗҫе тӗпрен улӑштармалла, ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче суту-илӳ организацийӗсенче специализациленӗ автомашинӑсем 20 пинрен кая мар пулмалла. Специализациленӗ автотранспорт ҫав вӑхӑтрах турттаракан таварсен курӑнмалли рекламми пулса тӑма тивӗҫ. Вӑл транспорт ҫавӑн пекех урама илемлетме тата ҫынсен куҫне савӑнтарма тивӗҫ.

Базӑсенче япаласене тавар тӑратакансен вӑйӗпе тиемелле, суту-илӳ предприятийӗсенче вара таварсене суту-илӳ организацийӗсен вӑйӗпе пушатмалла. Таварсене автомобиль транспорчӗпе турттарнӑ чухне вӗсем ҫинче грузчиксем ларнине чӑтса тӑма ҫук. Пирӗн грузчиксене таварсене тиенӗ ҫӗртен таварсене пушатмалли вырӑна ҫитиччен автомашинӑсем ҫинче усӑсӑр ярӑнтарса ҫӳрес йӑлана хӑвӑртрах пӗтермелле.

## Кооперацие колхозла суту-илӗве малалла аталантарасси ҫинчен

Колхоз строй ҫӗнтернӗ май пирӗн ялӑн сӑн-сӑпачӗ тӗпрен улшӑнчӗ. Ҫавӑнпа пирӗн ялти суту-илӳ умне пысӑк требованисем кӑларса тӑратмалла.

Пирӗн социализмла обществӑра хулапа ял хушшинчи тавар ҫаврӑнӑшӗ ӳсни рабочи класпа хресченсем хушшинчи союза тӗреклетме пулӑшать. Таварсем урлӑ пулса пыракан ҫыхӑну рабочи класпа хресченсем хушшинчи производство урлӑ пулса пыракан ҫыхӑнӑва хушса ҫирӗплетет.

Ялти суту-илӳ те пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе ӳсет. 1953 ҫулта ялти тавар ҫаврӑнӑшӗ, 1925 ҫулхипе танлаштарсан (танлаштарнӑ хаксемпе шутласан) 7,9 хут ӳснӗ, вӑрҫӑччёнхи 1940 ҫулхи тавар ҫаврӑнӑшӗнчен чылай ытларах пулнӑ.

Кӑҫал хамӑр ҫӗршывра тавар ҫаврӑнӑшне тата ытларах аталантарас тӗлӗшпе йышӑннӑ ҫӗнӗ мерӑсем ялти тавар ҫаврӑнӑшне те чылай ӳстерчӗ. 1953 ҫулхи 1-мӗш кварталта потребительсен кооперацийӗн тавар ҫаврӑнӑшӗ, иелтӗрхи ҫав тапхӑрпа танлаштарсан, 3,5 процент ӳснӗ пулсан, II-мӗш кварталта вӑл 28 процент, 1953 ҫулхи III-мӗш кварталта, пӗлтӗрхи виҫҫӗмӗш кварталтипе танлаштарсан, 27,5 процент ӳснӗ. Ҫакӑ вӑл ялти суту-илӳ те хӑвӑрт ӳсме тытӑннине пӗлтерет. Ялти суту-илӗвӗн структури улшӑннӑ. Халӗ ялти халӑх хулари халӑх ыйтакан япаласенех туянма тӑрӑшать.

Ҫакӑн пек тӗслӗхсем илсе кӑтартни вырӑнлӑ. 1924/25 ҫулта ялти кооперацийӗн пӗтӗм тавар ҫаврӑнӑшӗнче тӑвар, краҫҫын, шӑрпӑк, кӗпе ҫумалли супӑнь тата ҫӗр мамӑк пир-авӑрӗ 35 процента яхӑн йышӑннӑ, 1952 ҫулта ҫав таварсем, хисеп енчен чылай ӳснӗ пулин те, ялти тавар ҫаврӑнӑшӗнче 18 процент ҫеҫ йышӑннӑ. 1952 ҫулта потребительсен кооперацийӗ, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, пир-авӑр пӗтӗмӗшпе 41 процент ытларах сутнӑ пулсан (танлаштармалли хаксемпе шутласан), пурҫӑн пир-авӑр 3,1 хут нумайрах сутнӑ. Юлашки виҫӗ ҫул хушшинче ялта пурҫӑн пир-авӑртан ҫӗленӗ кӗпе—5 хут, ҫӑм пир-авӑртан ҫӗленӗ костюмсем—2,6 хут, ҫӑм пир-авӑртан ҫӗленӗ пальто—2,2 хут нумайрах сутнӑ. 1953 ҫулта, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, ялта велосипедсем 6 хут, радиоприемниксем—13,6 хут, ҫӗвӗ машинисем—6 хут, фотоаппаратсем—4,8 хут нумайрах сутаҫҫӗ Ҫакӑ вӑл колхозла хресченсен тата ялти интеллигенцин пурнӑҫ условийӗсем лайӑхланнинчен килет.

1952 ҫулта советла ялта, 1913 ҫулхипе танлаштарсан, учительсем 7 хут, агрономсем тата ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлекен ытти специалистсем 30 хут, врачсем 7 хут нумайрах пулнӑ. Пирӗн советла ялта икӗ миллиона яхӑн ялхуҫалӑх механизаторӗсем пур.

1925 ҫулта, урӑхла каласан, пирӗн ялхуҫалӑхне коллективизацилеме тытӑниччен, ҫӗршывра пичетлесе кӑларакан хаҫат-журналсемпе кӗнекесенчен 4,6 проценчӗ ҫеҫ ялта сутӑннӑ, 1952 ҫулта вара вӗсем 25,9 процент сутӑннӑ.

Строительство ӗҫӗсем анлӑ сарӑлса пынӑ пирки яла строительство материалӗсем питӗ нумай кирлӗ. Юлашки ҫулта Правительство ялта строительство материалӗсем сутас ӗҫе чылай ӳстерме мерӑсем йышӑнчӗ 1953 ҫулта, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, ялта йывӑҫ тата йывӑҫ материалсем 13,3 хут, урӑхла каласан, вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи пӗтӗм пӗрремӗш пилӗкҫуллӑхрипе танлаштарсан, 4,5 хут нумайрах, цемент—43 хут, урӑхла каласан, пилӗкҫуллӑхрипе танлаштарсан, 2 хут нумайрах, ҫемҫе ҫивитти—20 хута яхӑн, урӑхла каласан, пилӗкҫуллӑхрипе танлаштарсан 2,5 хут ытларах, пӑта—4,5 хут, е 1946—1950 ҫулхинчен 2 хут нумайрах сутаҫҫӗ.

Ҫавсем вӗсем пурте ял пачах урӑхла, ҫӗнӗ тапхӑрта аталанса пыни ҫинчен, кооперацин пӗлтерӗшӗ ҫӗнелни, вӑл хӑй ҫине ҫӗнӗ задачӑсем илни ҫинчен калаҫҫӗ.

Ҫирӑп тивӗҫ—ялта строительство материалӗсем сутас ӗҫри ҫитменлӗхсене мӗн май килнӗ таран хӑвӑртрах пӗтересси.

Ялхуҫалӑхне техника тӗлӗшӗнчен ҫӗнетсе лайӑхлатнӑ май юлашки ҫулсенче ялти суту-илӳре ҫӗнӗ отраслӗсем—производствӑра кирлӗ таварсем сутасси аталанчӗ. 1953 ҫулта ялта грузсем турттаракан автомашинӑсем сутма пилӗк ҫул хушшинче, 1946 ҫултан пуҫласа 1950 ҫула ҫитиччен, уйӑрса панӑ чухлех уйӑрса панӑ. Ҫак шута МТС-сене пани кӗмест.

Потребительсен кооперацийӗн работникӗсен залачи вӑл производствӑра кирлӗ таварсем сутас ӗҫе татти-сыпписсӑр туса пырассин пулать.

Потребительсен кооперацийӗ суту-илӳ тӑвакан хӑватлӑ обществӑлла организаци пулса тӑрать. Вӑл 32 миллион ытла пайщика пӗрлештерсе тӑрать. Анчах ялти суту-илӳ ялти халӑхӑн ӳссе пыракан ыйтӑвӗсенчен юлса пырать.

Пӗррремӗшӗнчен, потребительсен кооперацийӗ ялти халӑха вӑл ыйтакан нумай таварсемпе тивӗҫтерейместь. Потребкооперации ялти сӗртекен тӗслӗхсене халӗ те пӗтермен, ҫавна пула халӑха куллен кирлӗ таварсем, калӑпӑр, краҫҫын, шӑрпӑк, тӑвар татти-сыпписсӑр сутса тӑмаҫҫӗ. Ҫав таварсене кооперацие мӗн чухлӗ илес тетӗн, ҫавӑн чухлӗ уйӑрса параҫҫӗ.

Иккӗмӗшӗнчен, потребительсен кооперацийӗн организацийӗсем ялти халӑх мӗнле таварсем ыйтнине ҫителӗксӗр тӗпчесе вӗренеҫҫӗ, хӑшпӗр чухне вара халӑх ыйтӑвне шута илмеҫҫӗ.

Виҫҫӗмӗшӗнчен, ялта суту-илӳ предприятийӗсен хисепне ӳстерес ӗҫ ҫине ҫителӗклӗ ҫаврӑнса пӑхмаҫҫӗ. Потребительсен кооперацийӗн магазинсемпе лавккасен хисепӗ, оккупацире пулнӑ районсенче сахаллипе, вӑрҫӑччёнхи шая ҫитменха. Вӑрҫӑччен пулнӑ хисеппе танлаштарса пӑхсан, магазинсемпе лавккасен хисепӗ Украина ССР-ӗнче—88,3 процент, Белоруссии ССР-ӗнче—80,4 процент, Смоленски облаҫӗнче—82 процент таран ҫеҫ пулнӑ. Ялта суту-илӳ предприятийӗсен хисепӗ ӳсесси юлса пынине ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче пӗтерме Центросоюзӑн мерӑсем йышӑнас пулать. Пӗр вырӑнта ялан ӗҫлекен магазинсемпе лавккасемсӗр пуҫне пӗчӗк ялсенче пурӑнакан ҫынсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме куҫса ҫӳрекен автолавккӑсем темиҫе пин организацилемелле. Ҫав автолавккӑсене ҫирӗп расписани тӑрӑх ҫӳреттермелле тумалла.

Колхозла суту-илӳ советла суту-илӗвӗн уйрӑлми пайӗ пулса тӑрать. Ҫав суту-илӗве малалла аталантарма пур условисем те ҫителӗклӗ. Анчах вырӑнти суту-илӳ работникӗсем колхозсемпе колхозниксене ытлашши ялхуҫалӑх продукчӗсене сутас ӗҫе организацилеме сахал пулӑшаҫҫӗ, колхоз рынокӗсене япӑх ертсе пыраҫҫӗ.

Пирӗн ҫӗршывра колхоз пасарӗсем нумай. 1953 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне ССР Союзӗнче пурӗ 8.474 рынок, вӑл шутран хуласенче 4100 рынок, ялта 4374 рынок пулнӑ. Колхозсемпе колхозниксем рынока ҫулсерен нумай апат-ҫимӗҫ илсе пырса сутаҫҫӗ. Пысӑк хуласенче колхоз рынокӗсене тӑррине витсе тунӑ. Халӗ пирӗн лайӑх йӗркеленӗ рыноксем сахал мар. Апла пулин те колхоз рынокӗсем йӗркеллӗ тесе калама май ҫук.

Хуласенчи рыноксенчен ҫурринче колхозсемпе колхозниксем кӳрсе килекен таварсене усрама складсемпе холодильниксем ҫук. Хуласенчи 1500 яхӑн рыноксенче аш-какайпа сӗт-ҫӑва тӗрӗслекен станцисем ҫук. Хуласенчи рыноксем йышӑнакан вырӑнӑн 36,2 процентне ҫеҫ чулпа асфальт сарнӑ.

Хуласенчи рыноксем япӑх ӗҫленине ҫирӗплетекен тӗслӗхсем нумай илсе кӑтартма пулать, ялсенчи нумай рыноксем вара тата япӑхрах.

Колхозла суту-илӗве малалла хӑвӑрт аталантарас тесен халӗ мӗнле задачӑсене татса памалла-ха?

Колхоз рынокӗсенче тата суту-илӗвӗн вырӑнти пайӗсенче ӗҫлекен работниксем вӑраха ямасӑр колхозсемпе колхозниксене ытлашши ялхуҫалӑх продукчӗсене сутма паха майсем туса пама мерӑсем йышӑнмалла.

Кашни район, область, край тата республика тӑрӑх колхоз рынокӗсене 1954 ҫулта юсаса йӗркелеме мероприятисем палӑртса, вӗсене ӗҫе кӗртмелле: хуласенчи мӗнпур рыноксен территорине ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче чулпа асфальт сармалла.

Рыноксенче тата рыноксем ҫывӑхӗнчи урамсенче колхозсемпе колхозниксем ыйтакан промышленность таварӗсем, пуринчен ытла производствӑра тата килте кирлӗ япаласем сутассине сармалла; потребительсен кооперацийӗн работникӗсем колхозсемпе колхозниксенчен комисси ялхуҫалӑх продукчӗсем татти-сыпписсӑр илсе тӑма тивӗҫ.

Колхозниксем уй-хирте ӗҫленӗ чухне рынока апат-ҫимӗҫ продукчӗсем сахал илсе пынине пурте пӗлеҫҫӗ. Колхозниксем хӑйсем сутнипе пӗрлех, колхозсемпе колхозниксем хушнипе кооперации хӑй те колхозсен продукцине комиссие илсе сутас ӗҫе организацилесен, хӗрӳллӗ ӗҫсем вӑхӑтӗнче рынока продуктсем турттарса пырасси чакнине пӗтерме пулӗччӗ.

Хӑйсен ялхуҫалӑх продукчӗсене пасарта кооперации урлӑ суттарсан колхозниксем хӑйсем сутнӑ чухлех укҫа-тенкӗ илнӗ пулӗччӗҫ, кунсӑр пуҫне вӗсен транспорт расхочӗсем чакнӑ пулӗччӗҫ тата уй-хир ӗҫӗсем вӑхӑтӗнче ӗҫ вӑйне пушатнӑ пулӗччӗ.

Кооперации суту-илӗвӗн ҫак форми усӑллӑ пулнине колхозниксемпе колхозницӑсене ӗҫпе кӑтартса памалла.

Малалла, вырӑнти исполкомсен, хатӗрлев организацийӗсен, МТС работникӗсен, суту-илӳ работникӗсемпе колхоз рынокӗсенче ӗҫлекенсен колхозсемпе колхозниксене хӑйсен ялхуҫалӑх продукчӗсене колхоз рынокӗсене турттарса пыма пур енчен те пулӑшмалла.

Ҫав тӗллевпе МТС, хатӗрлев организацийӗсен, потребительсен кооперацийӗн, Автомобиль транспорчӗпе шоссе ҫулӗсен министерствин вырӑнти организацийӗсен ахаль ларакан транспорчӗпе усӑ курмалла. Пуринчен малтан пушӑ каякан машинӑсемпе усӑ курмалла.

Нумай транспорт хулана таварсем илме каять. Мӗншӗн-ха ҫав автомобильсемпе пасара каякан колхозниксене пӗрлештерсе хулана илсе ҫитермелле мар?

Правительство тивӗҫлӗ министерствӑсемпе ведомствӑсене колхозсемпе колхозниксене колхоз рынокӗсенче сутмалли ытлашши ялхуҫалӑх продукчӗсене турттарма тӗрлӗ йышши транспортпа пулӑшма хушрӗ.

Кӑҫалхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа рыноксенче вырӑн укҫине 30 процент, рыноксем тавар сутакансене пулӑшнӑшӑн илекен укҫана 65 процент чакарнӑ. Рыноксен ҫав укҫана тӗрӗс илмелле. Ҫапла туни колхозла суту-илӗве аталантарма пулӑшӗ.

* * *

Юлташсем! Пирӗн суту-илӳ работникӗсен Пӗтӗм Союзри канашлӑвӗ, ӑна Правительство йышӑннипе пухнӑ, суту-илӳ хӑвӑрт аталанма пуҫланӑ тапхӑрта ӗҫлет.

СССР Министрӗсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ апат-ҫимӗҫ таварӗсемпе халӑха куллен кирлӗ промышленность таварӗсем туса кӑларассине сарас, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатас тӗлӗшпе йышӑннӑ постановленисем, ҫавӑн пекех советла суту-илӗве малалла аталантармалли мерӑсем ҫинчен йышӑннӑ постановлени сӗршыври халӑха кирлӗ таварсемпе тивӗҫтермелли, советла суту-илӗве чечеклентермелли пысӑкран та пысӑк программа пулса тӑраҫҫӗ.

Ҫакна шанса тӑма ирӗк парӑр: советла суту-илӗвӗн работникӗсен ҫарӗ, ҫав историлле решенисемпе хавхаланса, советсемпе парти организацийӗсен вырӑнти органӗсен пулӑшӑвӗ ҫине таянса, советла суту-илӗве пур енчен те аталантармалли тата ӑна чечеклентермелли задачӑсене чыслӑ пурнӑҫлама вӑй-хӑватпа хастарлӑх тата пӗлӳлӗх кирлӗ чухлех тупӗҫ.

## Орденсемпе медальсем пани

Ҫак кунсенче, Йӗпреҫ поселокӗнче, Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗн членӗ Н Д. Албутов юлташ СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Указӗ тӑрӑх наградӑламалла тунӑ ҫынсене орденсемпе медальсем панӑ.

Нумай ҫул тата лайӑх ӗҫленӗшӗн Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнчи А. В. Догушев тракторист тата П. П. Криушин лавҫӑ Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденӗ илнӗ.

«Ӗҫри хастарлӑхшӑн» медаль илнӗ: Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнчи Н. Е. Бондаренко шофер, И. Г. Гаврилов лавҫӑ, йывӑҫ касакан Ф. Д. Ильин, Буински вӑрманпромхозӗнчи А. П. Лисов лавҫӑ, Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнчи П. Ф. Люкшин тимӗрҫӗ, Буински вӑрманпромхозӗнчи Н. Л. Мальчиков шофер, Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнчи аслӑ бухгалтер Е. М. Осипова, вӑрман участокӗн начальникӗ Я. К. Осипов, С. С. Синев токарь тата А. Ф. Тишкин лавҫӑ.

«Ӗҫре палӑрнӑшӑн» медаль илнӗ: Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнчи Б. Д. Апполлатов шофер, П. Ф. Василькин моторист, П. А. Егоров лавҫӑ, И. Я. Енжаев моторист, пӑчкӑ хӑйракан Т. Ф. Игнатьев, Буински вӑрманпромхозӗнчи йывӑҫ касакан И. С. Ильин, Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнчи В. Г. Июдин шофер, вӑрман касакан И. Т. Козлов, йывӑҫ чутлакан П. Ф. Криушин, Р. Т. Ларюшкин крановщик, вӑрман касакан И. Н. Лежаев, И. П. Малкин шофер, А. К. Мальчикова поднosчица, Д. О. Новиков грузчик, И. П. Овченков шофер, Н. А. Погодов шофер, В. С. Сергеевпа К. М. Сидоров лавҫӑсем тата Буински вӑрманпромхозӗнчи Е. Е. Солдатов лавҫӑ.

Н. Д. Албутов юлташ наградӑланӑ ҫынсене орденсемпе медальсем илнӗ ятпа саламланӑ тата вӗсене малашнехи ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума ырӑ суннӑ.

## Райсовет сессийӗнче

ВӐРНАР. Район Совечӗн черетлӗ сессийӗ потребительсен кооперацийӗн ӗҫӗ ҫинчен сӳтсе явӗ. Ку ыйтупа райисполком председателӗн заместителӗ Д. Гордеев юлташ доклад туса пачӗ. Прениre 14 ҫын тухса каларӗ.

Докладчик та, пренире тухса калакансем те райпотребсоюзпа ялписем ялхуҫалӑх продукчӗсем хатӗрлес тӗлӗшпе начар ӗҫленине палӑртрӗҫ. Маленков ячӗпе, Шверник ячӗпе, Калинин ячӗпе тӑракан колхозсем договор тӑрӑх потребительсен кооперацине сутмалли пахча ҫимӗҫе Вӑрнара илсе пынӑ. Анчах унта склад хатӗр пулман пирки райпотребсоюзӑн хатӗрлев конторӗ ҫав лавсемпе автомашинӑсене пушатмасӑрах каялла янӑ.

Районта ялхуҫалӑх продукчӗсем сутӑн илсе хатӗрлемелли плана пахча ҫимӗҫ енӗпе 79 процент, ҫу хатӗрлес енӗпе—57 процент, аш-какай енӗпе—33 процент, ҫӑмарта пухас енӗпе 21 процент ҫеҫ тултарнӑ. Район центрӗнче ялхуҫалӑх продукчӗсемпе суту-илӳ тӑвассине организацилемен. Магазинсемпе лавккасенче ассортиментра палӑртнӑ таварсенчен нумайӑшӗ ҫук, час-часах краҫҫын, шӑрпӑк, тӑвар тата куллен кирлӗ ытти таварсем те пулмаҫҫӗ.

Куллен кирлӗ япаласенчен чылайӑшне районтах туса хатӗрлеме май пур. Анчах вырӑнти промышленность предприятийӗсемпе артельсем продукци туса кӑлармалли плана пӗтӗмӗшпе тултараҫҫӗ те, планра палӑртнӑ чылай япаласене туса хатӗрлемеҫҫӗ.

Сессире тухса калакансем райисполкомпа ял Совечӗсене суту-илӳ ӗҫне начар ертсе пынӑшӑн хытӑ критикленӗҫ.

Сесси халӑха куллен кирлӗ таварсем сутассине, ялхуҫалӑх продукчӗсем хатӗрлессине лайӑхлатас тӗлӗшпе кирлӗ ӗҫсем тума решени йышӑнчӗ.

П. ТИХОНОВ.

# Коммунистсен партийĕн шанчăклă помощникĕ тата резервĕ

А. РАПОХИН,
ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн секретарĕ

Коммунизм тăвассишĕн пыракан кĕрешӳре Коммунистсен партийĕ совет халăхне çул кăтартса, ертсе пырать. Парти халăхпа тачă çыхăнса тăрать, массăсене тытакан çыхăнăва пĕрмаях çирĕплетсе тата анлăлатса пырать.

Партие массăсемпе çыхăнтарса тăракан организацисенчен пĕри вăл малта пыракан совет çамрăкĕсен массăллă организацийĕ—комсомол пулса тăрать. Парти ертсе пынипе комсомол пысăк та мухтавлă çула утса тухрĕ, нумай миллионлă организаци пулса тăчĕ, çамрăксемпе хĕрачасем массисене коммунистла воспитани панакан шкул, государствăпа хуçалăхри нумай енлĕ ĕçсене вĕренмелли шкул пулса тăчĕ. Комсомол тунă ӳсĕмсем—парти ертсе пынин, парти çамрăксене воспитани парас тĕлĕшпе нумай çулсем хушши тунă ĕçĕн результачĕ.

Коммунистсен партийĕ ӳсе пыракан ăрăва воспитани парассишĕн яланах çине тăрса тăрăшнă. Пирĕн парти çамрăк рабочисене Октябрьти Социализмла Аслă революци пуличченех революцилле кĕрешӳ çулĕ çине тăратакан пĕртен пĕр парти пулнă. Парти çамрăксене яланах çĕршывпа халăхăн малашлăхне курса тăма, çĕнĕ общество стройĕн çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме пĕрлешме пулăшнă.

1917 çулхи август уйăхĕнче партин VI-мĕш съезчĕ, влаçа алла илме ĕçсынисен политикăлла çарне хатĕрленĕ май, çамрăксен союзĕсен ĕçĕ çинчен сӳтсе явнă. Съезд хăйĕн резолюцийĕнче парти организацийĕсене вырăнсенче çамрăксене организацилес ĕçе пысăка хурса хаклама хушнă. 1917 çулхи октябрь уйăхĕ тĕлне Петроградра, Мускавра, Харьковра, Свердловскра, Дон çинчи Ростовра тата ытти нумай хуласенче çамрăксен союзĕсене туса хунă. Революцилле çамрăксем Октябрьти революци çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешӳре—Петроградри Зимний двореца, Мускаври Кремле илнĕ çĕрте, чылай пысăк хуласенче влаçа илнĕ чухне активлă кĕрешнĕ.

Çамрăксен союзне организацилес ĕçре партин тĕп органĕ—«Правда» хаçат пысăк вырăн йышăнса тăнă. «Правда» хаçат çамрăксене политикăлла ĕçе активлăн хутшăнма чĕннĕ, çамрăксене хăйсем майлă çавăрма хăтланнă меньшевиксемпе эсерсене татăклăн çапса çĕмĕрсе пынă. 1917 çулхи çулла рабочи çамрăкĕсен Союзĕн примерлă уставне пичетлесе кăларнă.

Партин Центральнăй Комитечĕ пуçарнипе 1918 çулхи октябрĕн 29-мĕшĕнче рабочисемпе хресчен çамрăкĕсен пĕрремĕш съезчĕ пухăннă. Съезд çамрăксен Союзĕ парти ертсе пынипе ĕçлесе пыракан рабочисемпе хресчен çамрăкĕсен организацийĕ пулать, тесе йышăннă. Унтанпа комсомол, хăйĕн мĕнпур вăйне коммунизмшăн кĕрешес ĕçе парса, яланах Коммунистсен партийĕ хыççăн пынă.

Комсомолăн тĕп задачи çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕçре партие пулăшасси пулса тăрать. Парти, гениллĕ Ленин, Ленинăн ученикĕ тата унăн ĕçне туса пынă аслă Сталин коммунизмла воспитани çинчен калакан вĕрентӳпе комсомола хĕçпăшаллантарчĕç.

Комсомол вăйĕпе тĕрекĕн çăлкуçĕ партин ертсе пынинче. Парти комсомола идея тĕлĕшĕнчен хĕçпăшаллантарать, пĕтĕçтерет, унăн ĕçĕнчи тĕп ыйтусене татса парать. Комсомол ĕçĕ çинчен тăракан ыйтусене партин нумай съезчĕсемпе конференцийĕсенче сӳтсе явнă. Комсомола партирен уйăрма, унăн ĕçне путлантарса лартма пăхнă тăшмансемпе сутăнчăксене Коммунистсен партийĕ тăрă шыв çине кăларса тата çапса салатса пынă. Парти комсомола тăшманла идеологирен питĕ хытă сыхласа тăрать, ăна пысăк идейăллă пулма, революцилле сыхăлăхлă пулма вĕрентет.

Комсомол хăйĕн пурнăçĕнче яланах тата пур ĕçре те Коммунистсен партийĕ хыççăн пырать. Вăл революципе граждан вăрçи вутĕнче çуралнă та тӳрех çамрăк Совет республикине хӳтĕлекенсен ретне тăнă. Чи йывăр участоксенче, чи хаяр кĕрешӳре комсомолецсем коммунистсемпе юнашар тăрса рабочисемпе хресченсен тĕнчери пĕрремĕш государствин ирĕклĕхне хӳтĕленĕ. Ют çĕршыв интервенцийĕпе граждан вăрçи вăхăтĕнче комсомолецсемпе çамрăксем хастарлă та паттăррăн кĕрешнине Совет правительстви пысăка хурса хакланă, вăл комсомола Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă.

Комсомолецсем малта пыракан рабочисен аслă пуçарăвне те хĕрӳллĕн ырласа йышăннă. Коммунистла субботниксемпе воскресниксене вуншар пин çамрăксемпе хĕрсем хутшăннă. Парти çĕршыва социализмла индустриализацилеме тытăнсан, комсомолецсем Сталинградри тата Харьковри трактор завочĕсене, Днепр гидростанцине, Магнитогорскри тата Кузнецкри комбинатсене, Уралти йывăр машинăсем тăвакан завода, индустрин тата ытти нумай гиганчĕсене тунă çĕрте активлăн ĕçленĕ. Промышленность центрĕсенчи комсомолецсем çамрăксен пĕрремĕш ударнăй бригадисене тунă, çак юхăм вара социализмла хăватлă ăмăртăва çити ӳсрĕ. Ударничествăпа социализмла ăмăртура пуçаруллăх кăтартнăшăн комсомола Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă.

Парти квалификацилле специалистсен кадрĕсене хатĕрлесси çинчен чĕнсе каланипе хавхаланса, хуласемпе ялсенчи нумай пин комсомолецсем техникумсемпе аслă шкулсенче вĕренсе пĕлӳсем илчĕç. Комсомол стахановла юхăма пуçарнă пĕтĕм çĕршыва паллă çынсене—Евдокимпа Мария Виноградовăсене, Паша Ангелинăна, Мария Демченкăна тата ытти паллă стахановецсене нумай пăхса ӳстерчĕ.

Социализм строительствинчи ӳсĕмсене эпир пирĕн çĕршывра социализм тăвассине пĕтерсе лартма тата партие хавшатма хăтланнă троцкистсене, бухаринецсене тата ытти сутăнчăксене хирĕç хаярран кĕрешсе тунă. Парти совет халăхĕн тăшманĕсемпе сутăнчăкĕсене тăрă шыв çине кăларчĕ тата çапса çĕмĕрчĕ. Тăшмансемпе кĕрешнĕ чухнехи пур тапхăрта та комсомол партие парăнса ун хыççăн пынă, унăн тĕп линине пурнăçа кĕртессишĕн паттăррăн кĕрешнĕ.

Парти совет çамрăкĕсене Советлă Тăван çĕршыва чĕререн парăнса ĕçлеме, совет халăхĕн тăшманĕсене курайми пулма, культурăллă та çирĕп сывлăхлă пулма, кирек мĕнле йывăрлăхсене те сирсе яма тата çĕнтерсе пыма воспитани парас тĕлĕшпе нумай çулсем хушши ĕçленĕ. Çакă вăл совет халăхĕ гитлерла Германие хирĕç кĕрешнĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра çамрăксем тăшмана хирĕç çав тери пысăк паттăрлăхпа, хăюллăхпа, хастарлăхпа çапăçнин çăлкуçĕ пулса тăчĕ. Партипе халăх шанăçне хăйсен пурнăçĕнчен те хаклăраха хурса, комсомолецсемпе комсомолкăсем вăрçăн малтанхи кунĕсенчех Тăван çĕршывăн чысĕпе ирĕклĕхне тата никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварассишĕн пыракан кĕрешĕвĕн чи йывăр та хăрушă участокĕсенче пулчĕç. Кĕрешӳре паттăрлăхпа хăюллăх кăтартнăшăн виçĕ миллион ытла комсомолеца Совет Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене парса наградăланă. Виçĕ пин çура комсомолец Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Иван Кожедуб тата Александр Покрышкин çак хисеплĕ ята виçшер хутчен илчĕç. Александр Матросовăн, Зоя Космодемьянскаян, Саша Чекалинăн, Лиза Чайкинăн, Олег Кошевойăн, Ульяна Громовăн тата нумай-нумай герой-комсомолецсен вилĕмсĕр паттăр ĕçĕсем Тăван çĕршыва хӳтĕлес ĕçре çамрăксемшĕн яланах пăха тĕслĕхсем пулĕç. Ĕçре паттăрлăх кăтартнăшăн тата фронта пулăшнăшăн тылри вуншар пин çамрăк ĕçченсене правительство Совет Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене парса наградăланă.

Отечественнăй вăрçă çулĕсенче Тăван çĕршыв умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн тата совет çамрăкĕсене Тăван çĕршыва чун-чĕререн юратма воспитани парса пынăшăн комсомола Ленин орденĕпе наградăланă.

Отечественнăй вăрçă совет халăхĕ аслă çĕнтерӳ тунипе вĕçленчĕ. Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем мирлĕ ĕçе тытăнчĕç. Парти чĕннипе комсомолецсемпе пĕтĕм çамрăксем халăх хуçалăх планĕсене ăнăçлăн тултарассишĕн пыракан пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне активлăн хутшăнчĕç. Вуншар пин комсомолецсем металлурги завочĕсем тунă çĕре, автомобильсем, тракторсем тăвакан заводсем тунă çĕре тата ытти пысăк стройкăсене ĕçлеме кайрĕç. Нимĕç фашисчĕсем çĕмĕрнĕ хуласемпе ялсене юсас ĕçе комсомол активлăн хутшăнчĕ. Парти организацийĕсем ертсе пынипе çамрăксем хушшинчен пысăк тухăçлă тырпул тăвакан тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен мастерсен пысăк ушкăнĕ ӳссе çитĕнчĕ.

Патриотла ĕçсем тунăшăн комсомола пĕтĕм совет халăхĕ юратса хисеплет. Совет çамрăкĕсене коммунизмла воспитани парас енĕпе паллă ĕçсем тунăшăн тата социализмла ăмăртăва активлă хутшăннăшăн комсомола, вăл 30 çул тултарнă май иккĕмĕш хут Ленин орденĕпе наградăланă.

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене пурнăçласа, комсомол парти ертсе пынипе çамрăксене государствăпа халăх интересĕсемшĕн яланах тăрăшма, совет стройне мĕнпур вăйпа тĕреклетсе пыма, промышленноçпа транспорта тата колхозсемпе совхозсене аталантарса пыма воспитани парать.

Çамрăксене пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене ăнăçлă тултарма, çĕршыври производительнăй вăйсене ӳстерме, çĕнĕ техникăна алла илсе ĕçе кĕртсе пыма, перекетлĕх режимне пурнăçласа пыма, ĕç тухăçлăхне тăтăшах ӳстерсе пыма воспитани парасси — комсомолăн чи пысăк тивĕçĕ пулса тăрать.

Комсомол организацийĕсем производствăри малта пыракан опыта çамрăксем хушшинче анлăн сарса пыраççĕ. Рабочисемпе колхозниксен — производство новаторĕсен çĕнĕ ячĕсене çĕршыв кашни кулленех илтсе пырать.

Магнитогорск комбиначĕнчи çамрăк металлургсем Александр Творогов, Иван Акшинцев тата Алексей Старостин техникăна лайăх вĕренес, производство хăвачĕпе туллинрех усă курас, производствăри çухатусене пĕтерес енĕпе тăрăшса ĕçлеме чĕнсе каларĕç. Мосбасри горняк Петр Жаболенко комсомолец сăрт-тупа шахтăри техникăна тухăçлăрах ĕçлеттерме тăвасси çинчен чĕнсе каларĕ. Жаболенко хăй нормăна пăхнинчен икĕ хута ытларах кăмрăк кăларать. Мускав çывăхĕнчи сӳхе пустав тĕртекен фабрикăри çамрăк работница Нина Амельченкова пуçарнипе продукцин сортне лайăхлатассишĕн ăмăрту пуçланса кайрĕ. Мускаври автозаводри çамрăксем кашни изделие тунă чухнех металла перекетлес тĕлĕшпе пуçарнă ăмăрту [illegible] сарăлса пырать.

Колхозлă ялти комсомол организацийĕсем çамрăксене ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн, тырпул тухăçлăхне ӳстерессишĕн, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре çĕнĕ ӳсĕмсем тăвассишĕн, ялхуçалăх артельне малалла çирĕплетессишĕн кĕрешме организацилеççĕ. Комсомол организацийĕсем колхозсемпе МТС-сене электрификацилес ĕçе активлăн хутшăнаççĕ, çамрăксене малта пыракан ялхуçалăх наукине вĕренсе алла илме пулăшаççĕ.

БПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление мĕнпур халăхпа пĕрле комсомолецсемпе çамрăксем пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илчĕç. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, пахча çимĕç, тырпул туса илес ĕçсене вăйлатас енĕпе пыракан кĕрешĕве хутшăнассине комсомол организацийĕсем хăйсен чи кирлĕ задачи тесе шутлаççĕ, вĕсем ялсенчи мĕнпур çамрăксен ăмăртăвне вăйлатса пыраççĕ.

Çамрăксен пĕлĕвне, вĕсен пĕтĕмĕшле тата производствăлла культурине ӳстерессишĕн тăрăшассине комсомол яланах хăйĕн ĕçĕ тесе шутланă. Коммунистсен партийĕ совет çамрăкĕсене пĕлӳллĕхпе наукăна вĕренсе алла илме пур условисем те туса панă. Совет влаçĕн çулĕсенче пирĕн çĕршыв талккăшпех хутла пĕлекенсен çĕршывĕ пулса тăчĕ. Пурне те çичĕ çул вĕрентесси ăнăçлă пулса пырать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕнче пысăкрах хуласемпе промышленность центрĕсенче пурне те вăтам пĕлӳ пама тытăнмалла. Аслă шкулсемпе техникумсенче студентсен йышĕ тăтăшах нумайланса пырать. Кăçал çĕршыври аслă шкулсемпе техникумсенче виçĕ миллион студент вĕренет.

Партие шкулсене аталантарса çирĕплетме, специалистсен культурăлла кадрĕсене хатĕрлеме пулăшас тĕлĕшпе те комсомол тимлĕн ĕçлет. Комсомол организацийĕсен кирлĕ задачи вăл шкулсенчи комсомолпа пионер организацийĕсен ĕçне лайăхлатса пырасси пулать.

Партин Центральнăй Комитечĕ идеологилле ĕçĕн ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă постановленисемпе кăтартăвĕсем комсомола идейăсăрлăха хирĕç кĕрешме, вак харпăрлăх психологийĕпе моралĕн юлашкийĕсене, капитализм тĕнчин çĕрсе пыракан культури умĕнче пуç тайма пăхнине, буржуалла национализмпа космополитизма хирĕç кĕрешме хĕçпăшаллантарчĕç. Партин XIX-мĕш съезчĕ идеологилле ĕçе лайăхлатма кирлине тата тепĕр хут астутарчĕ.

Парти ертсе пынипе комсомол çамрăксен марксистла-ленинла вĕренĕвне йĕркелес тĕлĕшпе пысăк ĕç тăвать. Комсомолта политикăна вĕренмелли нумай кружоксемпе политшкулсем тунă, вĕсенче миллионшар çамрăксемпе хĕрсем вĕренеççĕ. Çамрăк совет патриочĕсене политикăна вĕрентни вĕсене воспитани пама пулăшать, общество аталанăвĕн законĕсене пĕлнипе хĕçпăшаллантарать. Комсомол организацийĕсен политикăлла вĕренĕве малашне те лайăхлатса, марксизм-ленинизм теорине вĕренес ĕçре начетничествăпа догматизма пĕтерсе пымалла. Маркс — Энгельс — Ленин — Сталинăн пурне те çĕнтерекен, тĕнчене çĕнетсе улăштаракан революцилле вĕрентĕвĕн тĕп шухăшне çамрăксем лайăх ăнланса илчĕр, вĕсем Советлă Тăван çĕршыва тĕреклетсе чечеклентерессишĕн тата ытларах кĕрешчĕр тесе тăрăшмалла.

Культурăпа сутĕç, физкультурăпа спорт ĕçĕсем комсомол организацийĕсен çамрăксем хушшинчи влиянине ӳстерме тата вĕсене вĕрентсе чыма пысăк майсем туса параççĕ. Комсомол организацийĕсен тивĕçĕ—çак ĕçе яланах лайăхлатса пырасси, культурăпа сутĕç учрежденийĕсемпе тата физкультура организацийĕсемпе пĕрле ĕçлесси пулать.

Комсомол çамрăксене кивĕ тĕнче юлашкийĕсене, тăшманла идеологипе морале хирĕç тăма воспитани пама тивĕç. Капитализмла йĕри-тавралăх совет çыннисен кая юлнă пайĕн ăс-тăнĕнче капитализм юлашкисене чĕртме тапăçланать. Парти совет çыннисене, çамрăксене сивĕч сыхăлăхлă пулма чĕнет.

Коммунизмла воспитани памалли питĕ кирлĕ меслет критикăпа самокритика пулса тăраççĕ, тесе вĕрентет парти. Комсомолăн мĕнпур ĕçĕнче критикăпа самокритикăна анлăн сарса пымалла. Унсăрăн çĕнĕ обществăри çынсене воспитани пама, ĕçре ӳсĕмсем тума май çук. Нумай комсомол организацийĕсен политикăпа воспитани ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине, вĕсем производствăна çителĕксĕр хутшăннине, малта пыракан çамрăксене комсомола илсе хăйсен речĕсене ӳстерсе пыманнине шута илсен, критикăпа самокритикăна ытларах сарма кирли курăнса тăрать. Парти кăтартăвĕсене пурнăçласа, комсомол хăйĕн ĕçĕн пур сыпăкĕсенче те критикăпа самокритикăна аталантарса пырать.

Комсомолăн ĕçĕ анлă та нумай енлĕ. Парти ашшĕ пек куллен тăрăшса пынипе комсомол совет çамрăкĕсен нумай миллионлă коммунистла организацийĕ пулса тăчĕ. 1918 çулта, хăйĕн пĕрремĕш съезчĕ пулса иртнĕ вăхăтра, комсомол 22 пине яхăн çамрăксемпе хĕрсене пĕрлештерсе тăнă. Хальхи вăхăтра ВЛКСМ 18 миллион çынна яхăн пĕрлештерсе тăрать. Комсомол—коммунизм тăвакан çамрăксен малта пыракан отрячĕ, вăл Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра пĕтĕçсе тăрать.

# Совет Правительстви Греци Правительствине панă нота

Октябрĕн 26-мĕшĕнче Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ А. А. Громыко Греци Временнăй Поверенныйне Ипсиланти господина йышăннă та ăна çакăн пек нота панă:

«Кăçал октябрĕн 12-мĕшĕнче Греци Правительстви США Правительствипе Килĕшӳ тунă. Çавăн тăрăх, Пĕрлешӳллĕ Штатсене хăйĕн хĕçпăшаллă вăйĕсене Греци территорийĕнче вырнаçтарма, çар базисем тума, çавăн пекех Греци территорийĕнчи чугун çулсемпе тата ытти çулсемпе Çурçĕр Атлантика блокĕн планĕсем тăрăх усă курма право панă. Çакă вăл Килĕшӳвĕн пичетленсе тухнă текстĕнчен курăнать.

Асăннă Килĕшӳве туни çакна кăтартса парать: Греци Правительстви çĕнĕ вăрçа хатĕрленес шутпа тăвакан ĕçсене тӳрех пурнăçлама тытăннă, çак тĕллевпе усă курма Греци территорине США-н хĕçпăшаллă вăйĕсене панă. Çапла вара Греци территорийĕ ют çĕршывăн çар бази пулса тăрать. Ку вăл мирпе тата пĕтĕм тĕнчери хăрушсăрлăха хӳтĕлесе тăрас интересене хирĕç пырать.

Мирлĕ вăхăтра Греци территорийĕнче ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене вырнаçтарнине оборона тĕллевĕсемпе тунă тесе тӳрре кăларма çук. Мĕншĕн тесен Грецие никам та хăратса тămасть тата ун çине никам та тапăнма шутламасть, çакна лайăх пĕлеççĕ. Çавăнпа та Греци Правительстви пĕлтернипе килĕшме çук. Греци Правительстви пĕлтернĕ тăрăх, Греци территорийĕнче ют çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсене вырнаçтарасси çинчен тунă Килĕшӳ мир ĕçне тата Грецин хăрушсăрлăхне хӳтĕлес тĕллев тытать имĕш. Греци территорийĕ ытти государствăсен агрессилле тĕллевĕсене пурнăçламалли территори пулса тăни çавăнпа пĕрлех уççăн курăнать.

Совет Правительстви Греци Правительствине çакăн çинчен асăрхаттармасăр тăма пултараймасть: Греци территорийĕнчен агрессилле Çурçĕр Атлантика блокĕн хĕçпăшаллă вăйĕсен бази туса хуни мире тата Балканри хăрушсăрлăха хăратса тăрать. Çапла вара тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатасси патне илсе пыракан çак утăмшăн Греци Правительстви хăйĕн çине йывăр ответлăх илет».

Ф. Ипсиланти господин çак нотăн текстне Греци Правительствине пĕлтерме пулнă.

## Совет Союзĕпе Итали пĕр-пĕрне таварсем тăратас тĕлĕшпе тунă килĕшӳ çинчен пĕлтерни

Совет Союзĕпе Итали хушшинче сутуилӳ тĕлĕшпе пынă калаçусем ăнăçлăн вĕçленнĕ май, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕпе Итали Республики хушшинчи тавар çаврăнăшĕ çинчен 12 уйăхлăха тунă Протокол çине 1953 çулхи октябрĕн 27-мĕшĕнче Римра алă пуснă.

Совет Союзĕ Италие тулă, нефть, мазут, марганецпа хром руди, хăма, антрацит, асбест, мамăк çăмлă тир, парафин, шăрт тата ытти таварсем те ярса парать.

Ун вырăнне Итали Совет Союзне апельсинсемпе лимонсем, искусственнăй пурçăн çиппĕ, штапельнăй сӳс, çăмран тата искусственнăй пурçăнтан тĕртнĕ пир-авăр, электричество кабелĕ, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ валли оборудовани, тимĕрçĕпе пресс оборудованийĕ тата ытти таварсем те тăратать.

Икĕ çĕршыв хушшинчи тавар çаврăнăшĕн программине ӳстерес тесе, икĕ енĕ те пĕр-пĕрне çырусем парса илнĕ. Çав çырусенче Италирен Совет Союзне груз турттармалли суднăсем, теплоходсем—рефрижераторсем, буксирсем, крансем, электростанцисем кӳрсе пыма палăртнă.

Протоколпа çырусем çине Совет Союзĕ енчен Совет Союзĕн Италири Суту-илӳ представителĕ Соловьев, Итали енчен — Итали делегацийĕн пуçлăхĕ Томмазо Нотаранджили инженер алă пуснă.

## КИТАЙРИ ĔÇÇЫННИСЕМ ОКТЯБРЬТИ СОЦИАЛИЗМЛА АСЛĂ РЕВОЛЮЦИ 36 ÇУЛ ТУЛТАРНИНЕ ПАЛЛĂ ТУМА ХАТĔРЛЕНЕÇÇĔ

ПЕКИН, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Пекинри ĕçсыннисем Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине чаплăн паллă тума хатĕрленеççĕ.

«Женьминьжибао» хаçат çапла çырать: столицăри пысăк предприятисенче, учрежденисемпе шкулсенче çак паллă куна ячĕпе чаплă ларусем пулса иртмелле.

Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа Пекинри кинотеатрсенче Совет Союзĕнче кăларнă нумай тĕслĕ 5 кинофильм кăтартма тытăнаççĕ. Профсоюзсен хулари комитечĕ, Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществипе пĕрле, промышленность предприятийĕсемпе учрежденийĕсенче Совет Союзĕнчи мирлĕ строительствăна кăтартса паракан фотовыставкăсем организацилет.

## Паньмыньчжоньри канашлура

ПЕКИН, октябрĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Паньмыньчжоньре политикăлла конференци ыйтăвĕсем тăрăх канашлăва пухăннисен пĕрремĕш ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕ Ки Сук Бок тухса каланă. Вăл икĕ енĕ хушшинче иртерекен канашлăвăн çакăн пек кун йĕркине çирĕплетме сĕннĕ: 1. Политикăлла конференцин йышĕ çинчен тăракан ыйту; 2. Политикăлла конференцие ăçта тата хăçан иртересси çинчен тăракан ыйту; 3. Политикăлла конференцие мĕнле йĕркепе иртересси çинчен тăракан ыйту; 4. Политикăлла конференципе çыхăннă администрацилле ĕçсем çинчен тăракан ыйту; 5 Политикăлла конференцие иртернĕ май тухакан расходсем çинчен тăракан ыйту.

Эпир çакна шанса тăратпăр; çӳлте асăннă мĕнпур ыйтусене пĕр шухăшлă пулса йышăнасси икĕ енĕ хушшинче тӳрĕ кăмăллă калаçусем иртнĕ май пулмалла, ăна çапла тумалла та, тенĕ Ки Сук Бок. Эпир хамăр кăларса тăратнă кун йĕркине çирĕплетме тата нимĕн тăхтаса тămасăр политикăлла конференцин йышĕ çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тытăнма сĕнетпĕр Ку вăл канашлу ĕçне йĕркеллĕ туса пыма, политикăлла конференцие май килнĕ таран хăвăртрах пухма кирлĕ.

Ун хыççăн США представителĕ Артур Дин сăмах илнĕ. Вăл çапла каланă: канашлăвăн тĕллевĕ политикăлла конференцие пухассипе çыхăннă администрацилле ыйтусене татса парасси пулать, тенĕ. Артур Дин çапла тума сĕннĕ: политикăлла конференцие тăватă эрнерен пухмалла. Вăл, Пĕрлешӳллĕ Штатсем маларах сĕннĕ пек, политикăлла конференцие пухма кирлĕ виçĕ ыйту кăларса тăратнă. Дин икĕ енĕ хушшинче иртерекен канашлăвăн çакăн пек кун йĕркине сĕннĕ: 1. Политикăлла конференцие пухмалли вырăн; 2. Политикăлла конференцие пухмалли кун; 3. Конференци мĕнле йĕркепе иртмелли тата администрацилле ыйтусем. Кунта расходсене мĕнле витесси те кĕрет; 4. Ытти ыйтусем.

Дин хыççăн Китай Халăх Республикин представителĕ Хуан Хуа тухса каланă. Вăл Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕ Ки Сук Бок политикăлла конференципе çыхăннă ыйтусем тăрăх икĕ енĕ хушшинче иртерекен канашлăвăн кун йĕрки тĕлĕшпе тухса каланипе тата сĕнӳ панипе пĕтĕмĕшпех килĕшни, вĕсемшĕн тăни çинчен пĕлтернĕ. Хуан Хуа политикăлла конференцин йышĕ çинчен тăракан ыйту пирки Корейăпа Китай правительствисем çирĕп тăнине палăртнă. Вăл çакна кăтартса панă: политикăлла конференци хăйĕн пысăк задачине ăнăçлăн пурнăçлама пултартăр тесен, икĕ енĕн те чи малтанах калаçусем иртерсе, конференцие хутшăнакансен составĕ çинчен тăракан ыйтăва тĕрĕс те пĕлсе татса памалла. Çавăнпа та, тенĕ Хуан Хуа, политикăлла конференцие хутшăнакансен йышĕ çинчен тăракан ыйтăва татса парасси икĕ енĕн çак канашлăвĕн тĕп задачи шутланса тăмалла.

Хуан Хуа çакна кăтартса панă: икĕ енĕн канашлăвĕн Корейăпа Китай енĕн представителĕсем сĕннĕ кун йĕрки Пĕрлешӳллĕ Штатсен представителĕ панă сĕнĕвĕн тăватă ыйтăвне кĕртме палăртать те ĕнтĕ. Çавăнпа та Хуан Хуа çапла сĕннĕ: икĕ енĕ те нимĕн тăхтаса тămасăр, Корейăпа Китай енĕ кăларса тăратнă кун йĕркине йышăнмалла.

## Инди хаçачĕ США-па Пакистан хушшинчи вăрттăн килĕшӳ çинчен

КАРАЧИ, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Анджам» хаçат, Индире эрнере пĕрре тухса тăракан «Блитц» журналăн Лондонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тесе, çапла çырать: США Пакистанран ку районти «чи лайăх хĕçпăшалланнă вăй» туса хурасси çинчен решени йышăннă. Государство секретарĕн Даллесăн планĕ тăрăх, Пакистан «Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи оборона организацине» уççăнах кĕмелле мар, анчах вăл çар организаци членĕн мĕнпур прависемпе усă курмалла. Майлă самантра Пакистана ку организацие кĕртеççĕ.

Малалла корреспондент çакна кăтартса парать: «Индие çавăрса илес» тĕллевпе США Индин Португали аллинче тăракан территорийĕпе тата Тринкомалири çĕрсемпе çар базисем вырăнне усă курмалла. Ду портĕнчен шыв айĕнче çӳрекен кимĕсем тămалли пысăк база тăваççĕ. Корреспондент çапла хушса хурать: Инди Америкăпа Пакистан хушшинчи çар килĕшĕвĕ пирки хытă шикленет.

## США-ри забастовка

МАЙН ÇИНЧИ ФРАНКФУРТ, октябрĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Майн çинчи Франкфуртри радио пĕлтернĕ тăрăх, Нью-Йоркра сĕт турттаракан 13.000 яхăн автомашина шоферĕсем ĕнер забастовка пуçланă. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме требовани лартаççĕ.

## А. Н. Тогаев юбилейĕ

Октябрĕн 27-мĕшĕнче Шупашкарта чăвашсен ватă композиторĕ, хор дирижерĕ тата музыка педагогĕ Анатолий Николаевич Тогаев музыкăра ĕçлеме тытăннăранпа 50 çул тултарнă ятпа пуху пулса иртрĕ. Филармони залне парти, совет, профсоюз работникĕсем тата искусствăпа литературăра ĕçлекенсем юбиляра чыслама йышлăн пухăнчĕç.

А. Н. Тогаев пурнăçĕпе творчествăлла ĕçĕ çинчен Сталинла премин лауреачĕ композитор Филипп Лукин доклад туса пачĕ. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Председатель заместителĕ Андреев юлташ Тогаев композитора искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕн хисеплĕ ятне пани çинчен Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указне вуласа парать тата унăн Хисеп грамотине парать.

Юбиляр ячĕпе хулари тата республикăри организацисенчен, çавăн пекех Тăванла республикăри композиторсен союзĕсенчен, уйрăм çынсенчен саламлă телеграммăсем, çырусем нумай килнĕ. Пĕтĕм Союзри композиторсен Правленийĕ ячĕпе А. Н. Тогаева чысласа ярăссен чаплă композиторĕсем Хренников, Шапорин, Новиков, Коваль тата ыттисем те саламлă телеграмма янă.

Композитор хăйне чыслама пухăннисене, саламлă çырусемпе телеграммăсем янă çынсене ăшшăн тав тăвать.

Юлашкинчен А. Н Тогаев юррисенчен йĕркеленĕ пысăк концерт пулчĕ.

## Учительсен çуртĕнче

Шупашкарти Учительсен çурчĕ—хулари учительсемпе шкул ачисен ашшĕ-амăшĕсен юратнă вырăнĕ. Кунта яланах халăх йышлă пулать. Пĕрисем библиотекăран кĕнеке-журналсем тата педагогика ыйтăвĕсем тăрăх çырнă статьясем илме, теприсем шашка-шахматла выляма пыраççĕ. Учительсен çуртĕнче библиотека, вулакансем валли зал пур, çĕнĕ хаçат-журналсем чылай.

Кунта час-часах лекцисемпе докладсем, шкулсенче ĕçлекен учительсемпе служащисем валли кану каçĕсем пулаççĕ. Докладсем иртерме хулари аслă шкулсенчи преподавательсемпе наука работникĕсене хутшăнтараççĕ.

Кăçал шкулсенче çĕнĕ вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа педагогика ыйтăвĕсем тăрăх докладсемпе лекцисем чылай иртернĕ.

Кунсăр пуçне, хулари учительсемпе педагогика институтĕнче вĕренекен студентсем тĕл пулнă. Опытлă педагогсем çамрăк ăрăва коммунистла воспитани парас тĕлĕшпе хăйсем мĕнле ĕçлени çинчен пулас учительсене каласа панă.

Учительсен çурчĕ çумĕнче хор, драма, ташă кружокĕсем йĕркеленĕ. Вĕсене пысăк квалификациллĕ специалистсем ертсе пыраççĕ. Халĕ кружок членĕсем Октябрь уявĕ кунĕсенче концертсем иртерме хатĕрленеççĕ.

Н. ГЕРАСИМОВ.

## „Тăван Атăл“ альманахăн çĕнĕ кĕнеки

Çав кунсенче Чăваш совет писателĕсен союзĕ кăларса тăракан «Тăван Атăл» альманахăн 3(48)-мĕш кĕнеки пичетленсе тухрĕ. Номер В. И. Ленинăн Л. Н. Толстой çинчен çырнă статьисемпе уçăлать. Кĕнекере А. Талвирăн «Пăва сулĕ çинче» ятлă çĕнĕ романĕн пуçламăшĕ, Г. Краснов çырнă «Юлташсем» калав, А. Васильевăн «1774-мĕш çулта» ятлă историллĕ драми, А. Клементьевпа Г Лисин сăввисем пичетленнĕ. Çак номертен пуçласа «Тăван Атăл» редакцийĕ «Тĕнче литературин классикĕсем» ятлă пай пичетлеме тытăннă. Ку кĕнекене В. Шекспир сонечĕсене куçарса кĕртнĕ (куçараканĕ И. Тукташ).

Критикăпа библиографи пайĕнче Н. Любимов, С. Ялавин, Н. Матросов статьисене пичетленĕ.

## Машинăсем туянчĕç

ИШЛЕЙ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз çак кунсенче государствăна аш-какай сутса «ГАЗ-51» маркăллă автомашина, нефтьпе ĕçлекен двигатель, сысна фермине шыв парса тăма насус, икĕ картофелемялка туянчĕ.

А. ЕГОРОВ.

## Хĕле хатĕрленеççĕ

ЙĔПРЕÇ. Юлашки вăхăтра районти больницăра хĕле хатĕрленес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртернĕ. Амбулатори çуртне, ача çуратмалли çурта, стационара тĕпрен юсанă. Стационарпа ача çуратмалли çуртсен ăшчиккине сăрланă, çĕнĕ кăмакасем тунă.

Районти тĕп перекет касси тата аптека çурчĕсене те юсанă.

Г. РУСАНОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09816 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2469. Тираж 20.000 экз.